ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Ноябрь
6
эрнекун
№ 217 (9126)
Хакĕ 20 пус.
36-мĕш çул тухать.

**Сывă пултăр аслă совет халăхĕ—коммунизм тăвакан халăх!**

**Сывă пултăр Совет Çоюзĕнчи Коммунистсен партийĕ—коммунизм тăвассишĕн кĕрешес ĕçре совет халăхне çул кăтартса, ертсе пыракан аслă вăй!**

*(КПСС Центральнăй Комитечĕ Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа чĕнсе каланисенчен).*

## Ыран—аслă уяв кунĕ

Ыран совет халăхĕпе пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисем Октябрьти Социализмла Аслă революци вăтăр ултă çул тултарнине уявлаççĕ. Аслă уяв кунне совет çыннисем ĕçри пысăк çитĕнÿсемпе, чĕре тулли хаваслăхпа кĕтсе илеççĕ.

1917 çулхи Октябрьте Российăра пулса иртнĕ чаплă ĕçсем çинчен çĕр çинчи малта пыракан мĕнпур çынсем пĕлсе тăраççĕ. Çав кунсенче Российăри рабочи класс, чухăн хресченсене хăй тавра пĕтĕçтерсе, аслă В. И. Ленинпа вăл организацийĕ Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, капиталистсемпе помещиксен влаçне сирпĕтсе антарнă, Совет влаçĕ—рабочисемпе хресченсен влаçне туса хунă. Çапла вара тĕнчере çĕнĕ самана—капитализм пĕтĕлсе пымалли, социализм çĕнтерсе пымалли самана пуçланса кайнă.

Ирĕке тухнă совет халăхĕ çĕнĕ пурнăç тума тытăннăранпа вăтăр ултă çул иртрĕ. Çак вăхăт хушшинче пирĕн çĕршывăмăр, пирĕн халăх пурнăçĕ тĕпрен улшăнса çĕнелчĕ. Патша саманинче, капиталистсемпе помещиксем пуç пулса тăнă вăхăтра, Росси промышленноçпа ялхуçалăхĕ тĕлĕшĕнчен кая юлнă, çурмаколонилле çĕршыв пулнă. Халĕ Совет Союзĕ—хăватлă индустрилле, тĕнчери чи шултра коллективлă ялхуçалăхлă социализмла держава.

Коммунистсен партийĕ совет халăхне çĕршыва индустриализацилемелли пĕртен-пĕр тĕрĕс çулпа ертсе пычĕ. Пирĕн çĕршывăн вăйлă аталаннă йывăр промышленность пур, çакă пире пĕтĕм халăх хуçалăхне çĕнетсе улăштарма, иртнĕ вăрçăсенче хаяр тăшмансене çĕнтерме, ирĕклĕ пурнăçа сыхласа хăварма май пачĕ. Юлашки 28 çул хушшинче СССР Союзĕнче пĕтĕм промышленность продукци туса кăларасси 29 хут, хурçă шăратасси—21 хут, çĕр кăмрăкĕ кăларасси—19 хут, электроэнерги туса кăларасси—45 хут ÿснĕ.

Çав вăхăтрах халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларасси 12 хута яхăн ÿснĕ. Анчах çак ÿсĕм те çителĕклĕ мар-ха. Халăх ыралăхĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшса, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине хăвăрт ÿстерме, халăха промышленность таварĕсемпе апат-çимĕç нумай ытларах парса тăмалла тума задача кăларса тăратрĕç. Партин Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ, партипе совет органĕсем пурте çак пархатарлă задачăна пурнăçа кĕртес тесе тăрăшса ĕçлеççĕ. Ку ĕçе ĕçсыннисем пурте хастарлă хутшăнаççĕ, вĕсем Коммунистсен партийĕ Октябрь ячĕпе чĕнсе каланине чĕререн ырласа йышăнчĕç.

**— Совет Союзĕнчи ĕçсыннисем!—тесе чĕнсе каларĕ партин Центральнăй Комитечĕ.—Партипе Правительствăн политикине, рабочи класăн, колхоз хресченĕсен, пирĕн пĕтĕм халăхăн пурнăçне татăклăнах лайăхлатма пулăшакан политикăна пурнăçа кĕртсе пырар! Халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине хăвăрт ÿстерер!**

Коммунистсен партийĕ совет хресченĕсене ялхуçалăхне коллективизацилемелли пĕртен-пĕр тĕрĕс çулпа ертсе пычĕ. Чухăн тата вăтам хресченсем колхозсене пĕрлешнĕ май, ялти пурнăç тĕпрен улшăнса çĕнелчĕ. Тулккишĕх коллективизацилĕ никĕс çинче кулаксене—батраксемпе чухăнсен юнне ĕмсе пуранă харампырсене тĕп туни ялхуçалăхне çĕклентерсе яма, хресченсен пурнăçне лайăхлатса пыма май пачĕ. Коллективлă хуçалăх вăлĕ уйрăм хуçалăхран та, капитализмла шултра хуçалăхран та малта тăнине халĕ ĕнтĕ эпир, совет çыннисем, кăна мар, урăх çĕршывсенче те нумай çынсем уçăн курса тăраççĕ.

Совет Союзĕн ялхуçалăхĕнчи çитĕнÿсем пысăк. Пирĕн çĕршывăн тĕштырă çитилĕвлĕ. Ялхуçалăхĕ çĕнĕ техникăпа пуянланса пырать. Çĕрĕç культури ÿсет. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç те малалла кайса пырать. Анчах халиччен тунă çитĕнÿсемпе лăпланса ларни, çитменлĕхсене асăрхаманни, малашнехи задачăсене курманни йăнăш пулнă пулĕччĕ. Халăх пурнăçне лайăхлатас задачăна пурнăçлама ялхуçалăхне малалла вăйлатса пымалла. Эпир халĕ ĕнтĕ ку задачăна ăнăçлăн пурнăçлама пултаратпăр, мĕншĕн тесен пирĕн йывăр индустри пур. Йывăр индустрие малалла вăйлатса пынипе пĕрлех, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне тата ялхуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене çĕклентерсе пырасси пĕтĕм совет халăхĕн пысăк задачи пулса тăрать.

Партин Центральнăй Комитечĕ Октябрь ячĕпе колхозниксемпе колхозницăсене, ялхуçалăхĕнчи мĕнпур работниксене социализмла ялхуçалăхĕн пур отраслĕсене те çĕнĕрен хăватлăн çĕклентерсе пырассишĕн кĕрешме, çитес 2—3 çул хушшинче кăмăрăн çĕршыври халăхăн ÿссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме кирлĕ чухлĕ апат-çимĕç продукчĕсем, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне кирлĕ чухлĕ чĕртавар парса тăмалла тума чĕнсе каларĕ. Ялти ĕçченсем парти чĕнсе каланине пурнăçлассишĕн вăя хĕрхенмесĕр кĕрешĕç.

Иртнĕ вăтăр ултă çул хушшинче совет халăхĕ, халăх хуçалăхĕнчи пекех, культура строительствинче те питĕ пысăк çитĕнÿсем турĕ. Çĕршывра культурăлла революци пулса иртрĕ. Аслă Совет Союзĕнчи ытти мĕнпур халăхсем пекех, пирĕн чăваш халăхĕ те ылханлă патша саманинчен юлнă инкекрен—чухăнлăхпа тĕттĕмлĕхрен хăтăлчĕ. Чăваш республики—промышленноçпа ялхуçалăхĕ малалла вăйланса пыракан, халăх культури, халăха вĕрентес ĕç çултан-çул ÿссе пыракан советлă социализмлă автономиллĕ республикăсенчен пĕри.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви пĕрмаях тăрăшнипе пирĕн республикăра хутла пĕлменлĕхе пĕтернĕ, ачасене пурне те çичĕ çул вĕрентессине пурнăçланă. Чăваш халăхĕн форми тĕлĕшпе нациле, содержанийĕ тĕлĕшпе социализмла искусстви тата литератури ÿссе чечекленчĕç. Халăх пурнăçĕ лайăхланса пынă май, малашне культура строительствинчи çитĕнÿсем те пысăкрах пулĕç.

Коммунизм çулĕпе малалла пыракан Совет Союзĕ тĕнчери миршĕн, демократишĕн, социализмшăн кĕрешекен хăватлă лагере ертсе пырать. Совет правительствин мирлĕ политикине совет çыннисемпе пĕрле пĕтĕм тĕнчери ырă шухăшлă çынсем ырлаççĕ. Халăх пурнăçне пĕрмаях лайăхлатса пыма çĕршывсем пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнни кирлĕ. Миршĕн кĕрешесси пур çĕршывсенче те хăватлăн сарăлса пырать. Халăх демократи çĕршывĕсенчи, аслă Китайри, капитализмла çĕршывсенчи ĕçсыннисем вăрçă пулмалла мар тăвассишĕн хăватлăн кĕрешеççĕ.

Пирĕн халăха Коммунистсен партийĕ ăслăн ертсе пырать. Вăл ертсе пынипе çĕнтерÿ хыççăн çĕнтерÿ туса пыракан совет халăхĕ малашнехи кунсем çине шанчăклăн пăхать.

Ыран—аслă уяв кунĕнче—пĕтĕм совет халăхĕ савăнса, малашне тата пысăкрах çĕнтерÿсем туса пыма хавасланса çапла калать;

**— Сывă пултăр Аслă Советлă Социализмла Республикăсен Союзĕ—пирĕн çĕршыври халăхсен туслăхĕпе мухтавĕн никĕсĕ, пĕтĕм тĕнчери мирĕн никам аркатайми çирĕп тĕрекĕ!**

**— Ленин—Сталин ялавĕ айĕнче, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, малалла—коммунизм çĕнтерĕвĕ патне!**

## Республикăри ĕççыннисем Октябрь уявне ĕçри çитĕнÿсемпе кĕтсе илеççĕ

*

### Коммунистсемпе комсомолецсем малта

Сĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕн коллективĕ ĕçсыннисен аслă уявне çĕнĕ çитĕнÿсемпе кĕтсе илет. Виççĕмĕш цехри кашни рабочи ĕç нормине ирттерсе тултарассишĕн, чĕртавар перекетлессишĕн, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетессишĕн кĕрешет. Ăмăртура С. Воронков юлташ участокĕ малта пырать. Ку участокри пур рабочисем те—стахановецсем е ударниксем.

Ĕçре коммунистсемпе комсомолецсем уйрăмах паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Г. Аксенов, В. Голубев, С. Дмитриев тата М. Семенов коммунистсем чи лайăх стахановецсем шутланаççĕ. Вĕсем нормăна 275—300 процента çити тултараççĕ. В. Яльков, Б. Скворцов, П. Пеньков, Н. Фленов комсомолецсем те нормăна 250 — 350 процент тултараççĕ. Асăннă комсомолецсем ВЛКСМ обкомĕн Хисеплĕ грамотисене илме тивĕçлĕ пулчĕç. Б. Скворцовпа П. Пеньков юлташсем ертсе пыракан комсомолецсемпе çамрăксен бригадисем комбинатри чи лайăх бригадăсен шутĕнче хисепленсе тăраççĕ.

Чи паха продукци туса кăларассишĕн цехри 9 бригада пĕр-пĕринпе ăмăртаççĕ. Б. Волков юлташ бригадине чи паха продукци туса кăларакан бригада ятне панă.

Комбинатри куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялава виççĕмĕш цех хăй аллинче тытса тăрать. Халĕ цех коллективĕ Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăртăва хутшăнса илнĕ социализмла обязательствăсене пурнăçлассишĕн, куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялава çак цехрах хăварассишĕн кĕрешет.

В. МЫТИКОВ.

### Уйăхри плана 113 процент тултарнă

Шупашкарти макарон фабрикинчи рабочисемпе служащисем, СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ «Куллен кирлĕ промышленность таварĕсем туса кăларассине ÿстересси тата вĕсен пахалăхне лайăхлатасси çинчен» йышăннă постановлени сÿтсе явнă хыççăн, çĕнĕ обязательствăсем илчĕç. Вĕсем çĕршыва апат-çимĕç продукчĕсем ытларах туса пама, продукци пахалăхне лайăхлатма пулчĕç. Фабрикăра халĕ чи паха продукци туса кăларакан бригадăсем пĕтĕмпе саккăр шутланаççĕ

Чи паха продукци туса кăларакан А. Васильянова юлташ бригади нормăна 120—125 процент тултарать. М. Тарасова, Н. Малова, А. Зимина юлташсен бригадисем те ăнăçлăн ĕçлеççĕ.

Фабрика иртнĕ уйăхри плана 113 процент тултарчĕ.

Н. НЕСТЕРЕНКО.

### Планран ирттерсе

«Чувашшвейпромсоюз» системинчи артельсем, аслă уява чыслăн кĕтсе илсе, вунă уйăхри плана 103 процент ытларах тултарчĕç, халăха куллен кирлĕ таварсем планран ирттерсе 1.068 пин тенкĕлĕх туса кăларчĕç.

Комсомольскинчи Чайковский ячĕпе тăракан артель членĕсем питĕ хастарлăн ĕçлеççĕ. Вĕсем ноябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне çулталăкри плана тултарчĕç. «Паха тĕрĕ» тата «VIII съезд Советов» артельсем те аслă уява çулталăкри планĕсене тултарнипе палăртаççĕ.

Артельсенче ĕçлекенсенчен нумайăшĕ çулталăкри заданисене ирттерсе тултарнă.

П. СИМОНОВ.

* * *

### Çĕнĕ гидроэлектростанци

ÇĔРПУ. «Богатырь», «Родина» колхозсен членĕсем, государство пысăк пулăшу панипе, Уннă шывĕ çинче çĕнĕ гидроэлектростанци туса пĕтерчĕç. Станци вăйĕ 85 киловатт. Вăл тăватă ялти колхозниксен килĕсемпе общестăлла çуртсене, культурăпа çутĕç учрежденисене çутатма тата артель хуçалăхĕнчи тĕрлĕ ĕçсене механизацилеме май парать.

Станци строительствинче колхозниксем тата «Сельэлектро» работникĕсем пысăк ĕç тунă. Вĕсем вунпĕр пин кубометр çĕр чавса купаланă, 2.500 кубометр чулпа бетон вырнаçтарнă.

Электростанци туса пĕтернĕ ятпа ноябрĕн 3-мĕшĕнче станци умĕнче икĕ колхоз членĕсен тата «Сельэлектро» специалисчĕсен пĕрлехи савăнăçлă митингĕ пулса иртрĕ.

Станцие йышăнма пынă государство комиссийĕн председателĕ Петров юлташ «Богатырь» тата «Родина» колхоз членĕсене хĕрÿллĕн саламларĕ. Çавăн пекех, митингра строительство совечĕн председателĕ Егорова, райисполком председателĕ Степанов, «Богатырь» колхоз председателĕ Павлов, «Родина» колхоз председателĕ Архипов юлташсем сăмах тухса каларĕç. Вĕсем колхозлă ялсене электрификацилеме пысăк пулăшу панăшăн Коммунистсен партийĕпе совет правительствине чун-чĕререн тав турĕç.

ГЭС строительствин совечĕн председателĕ Егорова юлташ электростанци алăкне уçать. Техниксем турбинăсене ĕçе яраççĕ. Икĕ колхозăн урамĕсенче Ильич лампочкисем илемлĕн çуталса каяççĕ. Халăх тулли кăмăлпа савăнать.

Специалистсем ертсе пынипе халĕ икĕ колхозра та электромоторсем вырнаçтарса лартма тытăннă.

Н. ВОЛКОВ.
(Хамăр корр.).

### Колхозниксен хастарлăхĕ

КУСЛАВККА. «Правда» колхоз ĕçченĕсем хуçалăх çулне ăнăçлă вĕçлеме, фермăсене хĕле хатĕрлесе çитерме тăрăшаççĕ. Уяв умĕнхи кунсенче колхоз авăн çапса пĕтерчĕ.

— Кăçал туса илнĕ ялхуçалăх продукчĕсем хамăра валли те, государствăна сутма та çителĕклĕ,—теççĕ колхозниксем.

Партипе правительство ялхуçалăхне аталантарассишĕн тăрăшнипе хавасланса, артель государствăна, сĕт-çусăр пуçне, пурне те парса татнă. Октябрь уявĕ тĕлне сĕт-çу парăмне те татаççĕ.

«Правда» колхоз тырпул туса илес тĕлĕшпе начар мар ĕçлет. Артель тĕштырăсен тухăçне ÿстермелли плана çултан-çул ирттерсе тултарать. Кăçал кашни гектартан 200-шер центнер çĕрулми илнĕ.

Анчах артельте выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе тумалли ĕçсем нумай-ха. Ĕне ĕрчетмелли плана тултармалла, вĕсен тупăшне ÿстермелле. Правлени партипе правительство çак ыйтупа йышăннă решенирен тивĕçлĕ выводсем тунă, ку енĕпе ĕçсене вăйлатнă. Çак кунсенче 200 пуç сысна усрамалăх стандартлă вите туса пĕтерчĕç. Колхоз кăçал выльăх апачĕ çителĕклĕ хатĕрленĕ. Улăх утине икĕ хут çулса пухнă, силос хывмалли плана ирттерсе тултарнă.

Районти малта пыракан «Правда» колхоз членĕсем, мĕнпур совет халăхĕпе пĕрле, Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнине ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илеççĕ.

(Хамăр корр.).

### РАДИОУЗЕЛ ТАВАÇÇĔ

СОВЕТСКИ. Мăн Чурашри «Герой» колхоз членĕсен пурнăçĕ çулсеренех лайăхланса пырать. Кунта кашни киле хаçат-журнал килсе тăрать. Колхозниксем çак кунсенче хăйсен килĕсене радио кĕртес тĕлĕшпе ĕçлеççĕ. Халĕ хăватлă радиоузел тăваççĕ. Аппаратпа двигателе илсе килсе вырнаçтарнă. Октябрь уявĕ тĕлне колхозниксен килĕсенче радио каласма пуçлать.

Н. АНДРЕЕВ.

### Уяв умĕнхи кунсенче

ЕТĔРНЕ. Маленков ячĕпе тăракан колхоз членĕсем Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă куна пысăк çитĕнÿсемпе кĕтсе илеççĕ.

Тырпулсемпе çĕрулмине вăхăтра пухса кĕртнĕ, авăн çапса пĕтернĕ. Çитес çул валли вăрлăх фончĕ хывса çитернĕ. Государствăна тырă, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем, укçа-тенкĕ памалли обязательствăсене срокчен пурнăçланă.

Выльăх-чĕрлĕх валли ăшă витесем çителĕклĕ. Ĕне витисене водопровод кĕртнĕ, автопоилкăсем вырнаçтарнă. Фермăсене çутатма тата ытти ĕçсене механизацилеме дизельнăй установка туяннă, 2 кормокухня, кормозапарник пур. Фермăра ĕçлекенсем валли 3 общежити туса лартнă.

Выльăхсене хĕл каçарма апат çителĕклĕ хатĕрленĕ. Колхоз ятарласа майланă автомашинăпа спиртзаводран ĕнесемпе сыснасем валли брага турттарать.

Кăçалхи 10 уйăх хушшинче колхоз кашни ĕнерен 1.800 литр сĕт суса илнĕ. Кашни сысна аминчен 15-шер çура илнĕ.

И. ПЕТРОВ.

### Ильич лампочкисем çутатаççĕ

МУРБАШ. Районти колхозсенче электростанцисен хисепĕ ÿссех пырать. Çак кунсенче «Красное Сормово» тата Энгельс ячĕпе тăракан колхозсем «С-80» маркăллă электростанцисем туянчĕç. Халĕ çак колхозсенче общественăлла çуртсене çутатма, фермăсенчи йывăр ĕçсене механизацилеме хатĕрленеççĕ.

«Красное Сормово» колхозра выльăх витисене шыв пама таран лартаççĕ.

С. ТИХОНОВ.

### Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕнчи работниксен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕ

Ноябрĕн 3-мĕшĕнче Мускавра апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕнчи работниксен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕ хупăннă.

Канашлура пулнисем СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министрĕ В. П. Зотов юлташ апат-çимĕç таварĕсен промышленноçне малалла аталантарасси, апат-çимĕç продукчĕсен ассортиментне пысăклатасси тата вĕсен пахалăхне лайăхлатасси çинчен тунă доклада сÿтсе явнă.

Министр Зотов юлташ апат-çимĕç таварĕсем туса кăларассине хăвăрт ÿстерес, вĕсен пахалăхĕпе ассортиментне лайăхлатас тĕлĕшпе промышленность умĕнче тăракан задачăсем çинчен тĕплĕн каласа панă. Вăл çавăн пекех СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ «Апат-çимĕç таварĕсем туса кăларассине ÿстересси тата вĕсен пахалăхне лайăхлатасси çинчен» йышăннă постановлене пурнăçлас тĕлĕшпе тумалли ĕçсем çинчен тĕплĕн чарăнса тăнă.

Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн мĕнпур отраслĕсем енĕпе çĕнĕ предприятисем тума, вĕсене чи çĕнĕ оборудованипе хĕçпăшаллантарма, çавăн пекех производствăри ĕçсене автоматизацилес тата механизацилес тĕлĕшпе анлă программа палăртнă. Çитес ик-виçĕ çул хушшинче аш-какай продукчĕсем туса кăларакан 144 предприяти, çу, сыр тăвакан тата сĕтрен продуктсем тăвакан 720 завод, сăхăр завочĕсемпе механизациленĕ пекарньăсем 372, пысăк промышленность центрĕсенче армансем çумĕнче продукцие виççе чĕркекен цехсем тума палăртнă. Çавăн пекех çĕнĕ предприятисем тунипе тата халĕ ĕçлекен предприятисене çĕнетнипе апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн ытти отраслĕсен хăвачĕсем те чылай пысăкланаççĕ.

Докладчик промышленноçăн уйрăм отраслĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене, оборудованипе тата нумай предприятисенче чылай резервсемпе туллин усă курманнине кăтартса панă.

Зотов юлташ апат-çимĕç таварĕсен промышленность предприятийĕсенчи мĕнпур работниксен тивĕçĕ çакăн пек пулнине палăртнă: ĕçри çитменлĕхсене пĕтермелле, апат-çимĕç продукчĕсем туса кăларассине чылай ÿстерес тĕлĕшпе заданисене пурнăçлама тата ирттерсе пурнăçлама мĕнпур вăя мобилизацилемелле, апат-çимĕç продукчĕсен пахалăхне лайăхлатассишĕн çине тăрса кĕрешмелле, çапла вара сывăх çулсенчех хамăр çĕршывра пысăк пахалăхлă апат-çимĕç таварĕсем питĕ нумай туса кăлармалла.

Доклад тăрăх прения 59 çын тухса каланă.

Министр Зотов юлташ хăйĕн юлашки сăмахĕнче, канашлу ĕçĕн итогĕсем çинчен каласа, çапла палăртнă: апат-çимĕç таварĕсем туса кăларассине ÿстерес тата вĕсен пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе хальхи вăхăтра палăртнă мерăсем вĕсем апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕнчи работниксен тумалли питех те пысăк ĕçсен пуçламăшĕ кăна пулаççĕ. Çитменлĕхсене хăюллăрах уçса палăртмалла, вĕсене пĕтермелле, производствăри мĕнпур резервсемпе усă курмалла, совет халăхĕ валли апат-çимĕç продукчĕсен туса кăларассине пĕрмай ÿстерсе пымалла. Зотов юлташ çакна шанса тăнине çинчен каланă: апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕнчи работниксем вĕсен умне лартнă задачăсене чыслăн пурнăçлĕç тата хамăр çĕршывра коммунизм тăвас аслă ĕçре çитĕнÿ тăвĕç.

Канашлу ĕçне СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ, КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ, СССР Министрĕсен Совечĕн Председатель Заместителĕ А. И. Микоян юлташ, КПСС Мускав Комитечĕн Секретарĕ Н. А. Михайлов юлташ хутшăннă. (ТАСС).

СОЦИАЛИЗМЛА АМАРТУРА МАЛТА ПЫРАКАНСЕМ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ (сулахайран сылтăмалла): А. Ф. ЕВГРАФОВ — трактор бригадин бригадирĕ, Пăрачкав МТС-ĕ; В. И. ГУСЕВ—комбайнер, Йĕпреç МТС-ĕ; А. Н. СОКОЛОВА—токарь, М. Г. ЧЕБОТАЕВА—слесарь-сборщица, Г. П. ПАВЛОВ—сварщик — электроаппаратура завочĕ; С. П. ПЛАТОНОВ — бетонщик, пир-авăр комбиначĕн строительстви; Р. В. СТРАХОВА — токарь, электроаппаратура завочĕ; Н. Я. ЯКОВЛЕВА — доярка, Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз; Ф. К. КУЗЬМИН—сварщик, Канашри вагонсем юсакан завод; А. М. БЕЛОУСОВА — прессовщик, Улатăрти паравуссем юсакан завод; И. П. ТИМИН — монтажник, электроаппаратура завочĕ; В. С. КОЗЛОВ—станочник, пир-авăр комбиначĕн строительстви; А. И. ВАСИЛЬЕВА—слесарь-сборщица, электроаппаратура завочĕ; Ф. И. АРТЕМЬЕВ — слесарь-монтажник, пир-авăр комбиначĕн строительстви; Н. М. КАСТЕРИН—столяр, Сĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ.

Г. ЗИНЬКОВ фотомонтажĕ

# Социализмла Аслă революци çĕнтерĕвĕсем

Совет халăхĕ, пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисем, малта пыракан пĕтĕм этемлĕх Октябрьти Социализмла Аслă революци вăтăр ултă çул тултарнине уявлаççĕ. Сак паллă кунсенче миллионшар çынсем асран кайми Октябрьти историлле ĕçсем çинчен, ун ялавĕне мухтавлă çĕнтерӳсем тунни çинчен, мĕнпур çĕршывсемпе континентсенчи халăхсем умне çутă малашлăх тухсе тăни çинчен шухăшлаççĕ.

Октябрьти Социализмла Аслă революцирен этемлĕх историйĕнче çĕнĕ самана — капитализм арканса пымалли тата социализм çĕнтерсе пымалли самана пуçланчĕ. Российăра советла революци çĕнтерни этемлĕх кун-çулĕнче, пĕтĕм тĕнче историйĕнче калама çук пысăк улшăну турĕ — кивĕ, капитализмла тĕнчерен çĕнĕ, социализмла тĕнчене куçма май пачĕ.

Пирĕн çĕршыври ĕçсыннисем историре чи малтан капитализмла йĕркесене пĕтерсе, социализмла общество туса хунипе тивĕçлипе мухтанаççĕ. Вĕсене çак пĕтĕм тĕнчипе паллă историлле çĕнтерӳ патне Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ — этемлĕх общественне марксизм-ленинизм теорийĕ тăрăх урăхлатса çĕнетессишĕн кĕрешекен пĕр шухăшлă çынсен-коммунистсен боевой союзĕ илсе çитерчĕ. Çĕнтерӳллĕ социализмла революцие ертсе пырса, Коммунистсен партийĕ пирĕн çĕршыва пациллe катастрофăран çăлса хăварчĕ, ăна тĕнчери империализма пăхăнса тăракан çурмаколониллe çĕршыв пулса пуранасран хăтарчĕ, совет халăхне этемлĕх историйĕнче халиччен пулман социализмла улшăнусен аслă çулĕ çине илсе тухрĕ.

Октябрьти Аслă революци çĕнтерни, пирĕн çĕршывра социализмла общество туса хуни çакăнтан килчĕ: пирĕн çĕршывра çакна тума пултаракан обществăлла вăй — рабочи класпа хресченсен союзĕ пулчĕ, çав вăй капитализмла обществăн пĕтсе пыракан класĕсем хирĕç тăнине çĕнтерчĕ, объективлă вăй пулса тăракан экономикăлла закона — производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсен характерĕпе обязательнă килĕшсе тăмалли экономикăлла закона ирĕк пачĕ. Совет влаçĕ çак объективлă экономикăлла закон çине таянса, производство хатĕрĕсене пĕрлештерчĕ, вĕсене пĕтĕм халăх харпăрлăхĕ туса хучĕ, çапла вара эксплуатаци йĕркине пĕтерчĕ, хуçалăхан социализмла формисене туса хучĕ.

«Кирек мĕнле улшăну та юмахри пек хăвăртлăхпа пулса иртессе пирĕн никам та ĕненмест, — тенĕ 1922 çулта В. И. Ленин, — анчах чăн-чăн хăвăртлăха, истори аталанăвĕн кирек хăш тапхăрĕнчи пысăкрах хăвăртлăхпа танлаштарсан та, — çакăн пек хăвăртлăха, юхăма чăн-чăн революциллe парти ертсе пырать пулсан, çакăн пек хăвăртлăха эпир ĕнетпĕр тата кирек мĕнле пулсан та эпир çавăн пек хăвăртлăхпа пырăпăр» (Соч., 33 т., 355 стр.).

Коммунистсен партийĕ — кĕрешӳ партийĕ, революциллe ĕçсен партийĕ — çĕршыва социализмла урăхлатса çĕнетес ĕçе çавăн пек хăвăртлăхпа туma пултарчĕ. Вăл капитализмла эксплуатацирен ирĕке тухнă халăхăн творчествăлла вăйĕсене экономика тĕлĕшпе кая юлнă Российăна малта пыракан, хăватлă социализмла держава туса хумалли программăна — В. И. Ленин хатартса панă программăна пурнăçа кĕртмелли çулпа илсе пычĕ.

Чи малтан социализмăн экономикăлла никĕсне хывмалла пулнă, çапла вара рабочи класпа ĕçхресченĕсен союзĕ çинче тытăнса тăракан пролетариат диктатурин государство системине çирĕп никĕс туса памалла пулнă. Çак задачăна татса пама çĕршыва социализмла индустриализацилес политика тытса пымалла пулнă, ку ĕçе совет халăхĕ Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе вăрçăченхи пилĕкçуллăхсенче ăнăçлăн пурнăçа кĕртрĕ. Индустриализаци политики совет промышленноçне. уйрăмах йывăр индустрие хăватлăн ӳстерсе пыма май пачĕ, хамăрăн халăх хуçалăхне капитализмла çĕршывсене пăхăнса тăрасран хăтарчĕ, ĕçсыннисен материальнăй пурнăçĕпе культура шайне пĕрмаях ӳстерсе пыма пулăшрĕ.

Унтан вара историре малтанхи хут партийă задачăна — миллионшар хресченсен вакă, кая юлнă хуçалăхĕсене шултра, çĕнĕ техникăпа ĕçлекен коллективлă хуçалăх çулĕ çине тăратас задачăна татса памалла пулнă. Коммунистсен партийĕ ку задачăна та ăнăçлăн татса пачĕ, хресченсен миллионшар массисене ялхуçалăхне коллективизацилес çул çине тăма ĕнентерчĕ. Таккишпех коллективизаци тунă никĕс çинче кулаксем класс пулса тăнине пĕтерчĕ. Çапла вара ялхуçалăх производствине аталантарма тата хресченсен пурнăçне тĕпренех лайăхлатма халиччен нихçан пулман условисем тунă. Ялта ĕлĕкхи кивĕ строй — 25 миллион сапаланчăк, уйрăм харпăрлăхлă вакă хуçалăхсен вырăнне тĕнчери чи шултра социализмла çĕрĕçĕ ӳсее çирĕпленчĕ. Сак улшăнусене пула рабочисемпе хресченсен союзĕ çĕнĕ пусăма çĕкленчĕ, вăл социализмла обществăн моралле-политикăлла пĕрлĕхĕ пулса тăчĕ.

Партин тата халăхăн тăшманĕсем — троцкистсем, бухаринецсем, буржуалла националистсем — партие çĕршыва Ленин кăтартса панă çул çинчен пăрса яма, пролетариаллe революци çĕнтерсе [illegible]не пĕтерсе хурас, тепĕр хут капитализмла йĕркесем тăвас çул çине тăратма хăтланчĕç. Коммунистсен партийĕ, В. И. Ленин ĕçĕсене малалла туса пыракан И. В. Сталин çул кăтартса пынă Центральнăй Комитет ертсе пынипе, сутăнчăкĕсемпе капитулянтсене çĕмĕрсе тăкрĕ, ленинизма хӳтĕлесе хăварчĕ.

Çĕршыва индустриализацилес тата ялхуçалăхне коллективизацилес политикăна ăнăçлăн пурнăçа кĕртсе, пирĕн Тăван çĕршыв вăрçă умĕнхи çулсенче калама çук пысăк çитĕнӳ турĕ, техникăпа экономика енчен кая юлнă аграрнăй çĕршывран чи хăватлă индустриллĕ-колхозлă социализмла держава пулса тăчĕ. Совет халăхĕ, социализм туса, çынна çын эксплуатацилессине ĕмĕрлĕхех пĕтерчĕ, çĕнĕ обществăпа государство строе турĕ, ку строй кризиссемпе ĕçсĕрлĕхе пĕлмест, вăл ĕçсыннисен материальнăй пурнăçĕпе культура шайне пĕрмаях ӳстерсе пыма май парать.

Октябрьти Социализмла Аслă революци туса хунă Совет государстви хăйĕн никам çĕнтерейми пурнăç вăйне кăтартса пачĕ. Пирĕн çĕршыв Аслă Отечественнăй вăрçăн пысăк йывăрлăхĕсене чыслăн тӳссе ирттерчĕ çеç мар, тĕнчене фашизм чуралăхне кĕрсе ӳкес хăрушлăхран çăлса хăварчĕ.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче совет çыннисем, Коммунистсен партийĕ хавхалантарса тата организацилесе пынипе, халăх хуçалăхне вĕсне сроярах юсаса çитерчĕç, совет экономикин, техникин тата культурăн пур отраслĕсене те малалла аталантарчĕç. Парти XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх планĕ тĕлĕшпе панă директивăсенче хуçалăхпа культура строительствин калама çук анлă программине кăтартса пачĕ, çак программăра социализмла экономикăн пур отраслĕсене те малалла аталантарма, ĕçсыннисен материальнăй пурнăçĕпе культура шайне ӳстерме палăртнă. Совет халăхĕ çак программăна хăйĕн тăван, çывăх ĕçĕ тесе йышăнчĕ, вăл ăна пурнăçа кĕртессишĕн чун-чĕререн хавхаланса кĕрешет.

1953 çулти малтанхи çурçул итогĕсем, 1951 тата 1952 çулсенчи итогсем пекех, пирĕн промышленность пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план заданийĕсене ăнăçлăн пурнăçласа пынине кăтартса параççĕ. Промышленность производствин пысăкăшĕ 1953 çулта, вăрçăченхи 1940 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут çура ытла ӳсет пулать. Кăçал хурçă 38 миллион тонна ытла, урăхла каласан, 1940 çулхинчен икĕ хут ытларах туса кăлараççĕ; çĕр кăмрăкĕ — 320 миллион тонна, урăхла каласан, 1940 çулхинчен 93 процент ытларах кăлараççĕ; нефть — 52 миллион тонна ытла, урăхла каласан, 1940 çулхинчен 70 процент ытларах кăлараççĕ; электроэнерги — 133 миллиард киловатт-сехет, урăхла каласан, 1940 çулхинчен 2.8 хут ытларах пулать.

Колхозсен обществăлла хуçалăхĕ çултан çул ӳссе çирĕпленсе пырать. Ялхуçалăх продукцийĕ ытларах туса илеççĕ. Ялхуçалăхне кучухнехи çĕнĕ техника парас тĕлĕшпе пысăк çитĕнӳсем тунă. Сакă ĕнтĕ уй-хирти нумай тĕрлĕ ĕçсене пĕтĕмĕшпех тенĕ пек механизацилеме, колхоз хресченĕсен ĕçне çăмăллатма тата ĕç тухăçлăхне ӳстерме май пачĕ.

Халăх хуçалăхĕ ӳсни никĕс çинче ĕçсыннисен пурнăçĕ пĕрмаях лайăхланса пырать. Паллă ĕнтĕ, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра халăха куллен кирлĕ таварсен ваккăн сутмалли государство хакĕсене виçĕ хут, вăрçă хыççăнхи вăхăтра пурĕ ултă хут йӳнетнĕ. Кăçал апрелĕн 1-мĕшĕнче таварсен хакне улттăмĕш хут йӳнетнĕ чухне халăха куллен кирлĕ мĕнпур таварсен — апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен хакне йӳнетнĕ, çавна май халăх товар хакĕсене йӳнетниннчен пысăк усă курать. Пирĕн çĕршывра пурăнмалли çуртсем тăвас ĕç тата культурăпа йăлa строительстви анлăн сарăлса кайрĕ. Совет культури, форми тĕлĕшпе нацилле, содержанийĕ тĕлĕшпе социализмла культура, ăнăçлăн аталанса пырать.

Социализмла экономикăпа культурăн чаплă çитĕнĕвĕсене туma рабочи класпа колхоз хресченĕсен çирĕп союзĕ, пирĕн çĕршыври халăхсен çирĕп туслăхĕ, Коммунистсен партийĕ туса хатĕрленĕ политикăна ялан тĕрĕс пурнăçа кĕртсе пыни пулăшнă. Пирĕн парти вăйĕ — вăл ĕçсыннисен йышлă массисемпе тачă çыхăнса тăнинче, вăл чăн-чăн халăх партийĕ, унăн политики халăхăн пурнăç интересĕсемпе килĕшсе тăрать.

Шалти политика енĕпе Коммунистсен партийĕ хăйĕн тĕп задачи — рабочисен, колхозникĕсен, интеллигенцин, мĕнпур совет çыннисен пурнăçне пĕрмаях малалла лайăхлатса пырасси пулать, тесе шутлать. Совет çыннине ырлăх кӳме, совет халăхĕ чечекленсе ӳстĕр тесе ĕçлесси пирĕн партишĕн чи пысăк закон пулса тăрать. И. В. Сталин каланă сăмахсем пирĕн çĕршыв пурнăçĕнче кашни кунах тӳрре тухса пычĕç, халĕ те кашни-кунах тӳрре тухса пыраççĕ: «Пирĕн революцин паллă уйрăмлăхĕ çакăнта пулать: вăл халăха ирĕклĕх кăна мар, тата материальнăй ырлăхсем те, пуян та культурăллă пурнăçмалли майсем те туса пачĕ» (Ленинизм ыйтăвĕсем, 11-мĕш изд., 537 стр.).

Парти социализмла халăх хуçалăхне пĕрмаях вăйлатса пырас, ĕçсыннисен материальнăй пурнăçĕпе культура шайне ӳстерсе пырас тĕлĕшпе тытса пыракан политикăна СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ тухса каланă сăмахра пур енĕпе те никĕслесе панă.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ Н. С. Хрущев юлташ тунă доклад тăрăх СССР ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă постановлени пирĕн пĕтĕм халăхшăн калама çук пысăк пĕлтерĕшлĕ, унта совет çынни ырлăхĕшĕн тăрăшни уççăн палăрать. Сак паха документра ялхуçалăхне малалла аталантармалли тĕп ыйтусене сутатса панă, ялхуçалăхĕн пур отраслĕсене те хăвăртăн çĕклеме, пирĕн çĕршывра ялхуçалăх продукцийĕ туса илессине кĕске вăхăтрах нумай ӳстерме палăртнă тата çакна тумалли майсене кăтартса панă.

Пирĕн çĕршывра халăха кирлĕ япаласем нумай туса кăларас ыйту лартса, ăна пурнăçа кĕртме мĕн кирлине социализм строительствин пĕтĕм историйĕ тăршшĕнче хатĕрлесе пынă. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ социализмла экономикăн тĕп никĕсĕ пулса тăракан пур енĕпе те аталаннă йывăр индустри турĕ. Халĕ, çавăн пек хăватлă никĕс пур чухне, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕн пур отраслĕсене те хăвăрт вăйлатма, халăха кирлĕ япаласем туса кăларассине нумай ӳстерме пур майсем те пур. Çакна тăвас тесен, пирĕн ялхуçалăхне пысăк хăнăхтарăхсемпе малалла аталантармалла.

Халăх хуçалăхĕ умĕнче халĕхи тапхăрта çакăн пек чи кирлĕ те паха задача тăрать: йывăр индустрие малалла та мĕнпур майсемпе аталантарса пырса, ялхуçалăхĕн пур отраслĕсене те хăвăрт вăйлатмалла, икĕ-виçĕ çул хушшинче хамăр çĕршыври пĕтĕм халăха апат-çимĕç таварĕсем, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне — чĕртанар нумай ытларах туса памалла тата çавăнпа пĕрлех колхоз хресченĕсен пĕтĕм массин пурнăçне нумай лайăхлатмалла. Çак задачăна ăнăçлăн пурнăçлани рабочи класпа колхоз хресченĕсен союзне малалла çирĕплетме пулăшать.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви туса пыракан ĕçсене пĕр кăмăлпа ырласа, пирĕн çĕршыври рабочи класс, колхоз хресченĕсем тата интеллигенци калама çук пысăк патриотла хавасланпа халăха кирлĕ япаласем туса кăларассине хăвăрт вăйлататассишĕн çине тăрса ĕçлеме хатĕр пулни çинчен пĕлтереççĕ. Промышленноçпа ялхуçалăхĕнчи ĕçченсем пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарассишĕн тата ирттерсе тултарассишĕн социализмла ăмăртăва анлăн сарса параççĕ.

Совет çыннисен патриотла обязательствисенче, вĕсен иксĕлми пуçарăвĕнче тата ĕçри мухтавлă çитĕнӳсенче пирĕн социализмла стройăн аслă вăйĕ уççăн палăрса тăрать. Социализмла строй простой çынна — ĕçсыннине çав тери çӳле çĕклерĕ, ăна активлă творчествăлла ĕçе хутшăнтарчĕ, çĕнĕ пурнăç геройĕ турĕ. Пирĕн çĕршыври халăхсен йышлă массисем темиçе ĕмĕр хушши ют çынсем валли, эксплуататорсем валли асап курса ĕçленĕ пулсан, Октябрьти Социализмла Аслă революци пулнă хыççăн халăх хăйшĕн, çĕнĕ техникăпа культурăн мĕнпур çитĕнĕвĕсемпе усă курса, ĕçлет.

Капитализм условийĕсенче çын капиталистла чи пысăк услам илмелли тискер закона пăхăнса тăрать. Эксплуататорсене пуйтарма ĕçсыннисем йывăр асап, чухăнлăх, ĕçсĕрлĕх тата юнлă вăрçăсем тӳсеççĕ. Пирĕн патра, социализмла обществăра, пĕтĕм производство çынна пăхăнса тăрать, унăн пĕрмаях ӳссе пыракан материальнăй тата культурăлла ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерсе пыма ĕçлет. Совет халăхĕ хăйшĕн, тăван социализмла государствăшăн ĕçлет, — социализмла государство интересĕсене халăх интересĕсенчен уйăрма çук. Социализмла стройра экономикăпа культурăна малалла хăватлăн аталантарма, ĕçсыннисен пурнăçне малалла лайăхлатса пыма çав тери пысăк майсем пур. Çавăнпа та совет çыннисем калама çук хастарлă ĕçлеççĕ, вĕсен творчествăлла пуçарулăхĕ иксĕлми хăватлă.

Коммунизм строительствин аслă идейисемпе хавхаланса, пирĕн халăх Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе çĕнтерӳрен çĕнтерӳ патне шанчăклăн пырать. Коммунистсен партийĕ массăсене ялан ĕç çине тата обществăлла харпăрлăх çине коммунистла пăхма, государство интересĕсене тарăн ăнланма, революциллĕ сыхă пулма, халăхсен туслăхне çирĕплетме воспитани парать. Хамăрăн социализмла государствăна — совет çыннисен коммунизмшăн кĕрешмелли тĕп хĕçпăшалне ывăнма пĕлмесĕр, пур енĕпе те çирĕплетсе пырассине парти хăйĕн чи таса тивĕçĕ тесе шутлать.

Совет халăхĕ хăйĕн Тăван çĕршывĕ тĕнчере этемлĕхе çутă малашлăх патне çул кăтартакан маяк пек çĕкленсе тăнипе савăнса мухтанать. Октябрьти революци çĕнтернипе пулса тăнă совет стройĕ пĕтĕм тĕнче историне çĕнĕлле аталанма çул кăтартать. Совет Союзĕ социализмпа демократин хăватлă лагерьне ертсе пырать. Совет государствине туса хунă опыт тăрăх, нацисем тăванла килĕштерсе ĕçлерине кăтартса паракан Совет государствин тĕслĕхĕ тăрăх ытти çĕршывсенчи халăхсем социализм капитализмран калама çук малта тăнине курса ĕненеççĕ.

Совет Союзĕ ялан мир политики тытса пынă, халĕ те мир политики тытса пырать, çакăншăн пирĕн çĕршыва пĕтĕм тĕнчере миллионшар çынсем юратса кăмăллаççĕ. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви çĕнĕ вăрçă пулма парас мар, пур çĕршывсемпе те мирлĕ пурнăс тесе тăрăшаççĕ, çакна вĕсем тулашри политикăри хăйсен тĕп задачи тесе шутлаççĕ.

Пултаруллă мирлĕ ĕçре ĕçлесе, пирĕн халăх малалла шанчăклăн пăхать. Вăл хăйĕн тăван Совет влаçĕн пурнăçĕн вăтăр çичĕмĕш çулне кĕрсе, малалла, коммунизмла общество тăвас çулпа çĕнĕрен çĕнĕ çĕнтерӳсем патне хăватлăн пырать. Çак çĕнтерӳсем патне ăна Коммунистсен партийĕ — совет халăхне коммунизм тăвассишĕн кĕрешме çул кăтартса, ертсе пыракан аслă вăй илсе пырать.

А. ШИШКОВ.

Савăнăçлă, тулăх пурнăçпа кĕтсе илеççĕ колхозлă ял ĕçченĕсем Аслă Октябрь уявне.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Йĕпреç районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз хĕрĕсем — Ольга Мешкова, Валентина Волкова тата Анна Савинова.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

# Паянхи пурнăç лайăх, ыран тата лайăхрах пулать

## Колхозран килнĕ çыру

Елчĕк районĕнчи «Трактор» колхоз членĕсем кăçал гектартан 100 пăтран кая мар тĕштырă, 160 центнертан кая мар çĕрулми пухса кĕртме сăмах панăччĕ. Колхозри ĕçсен итогĕсем колхозниксен сăмахĕ çирĕп сăмах пулнине кăтартрĕç.

Партипе правительство куллен тăрăшнипе пула колхоз хăватлă техникăпа пуянланчĕ. Унăн тырпул акса тумалли тата пухса кĕртмелли тĕрлĕ машинăсем пур. Ялхуçалăхĕнчи нумай ĕçсене МТС туса парать. Колхозниксемпе механизаторсем пĕр-пĕрнипе туслă пулса, килĕштерсе ĕçлеççĕ. Кăçал пĕтĕм уй-хир ĕçĕсенчен 85 процентне МТС туса пачĕ.

Колхозăн обществăлла хуçалăхĕ çултан çул ӳссе, тĕрекленсе пырать. Кашни колхозник хăйне шанса панă ĕçе тĕплĕн тăвать.

Колхозниксене ĕçре пысăк çитĕнӳсем тума хавхалантаракансем — колхозри коммунистсем. Тăтăшах пысăк тухăçлă тырпул туса илес, выльăх-чĕрлĕх нумай усрас, ĕçкунĕсем тăрăх тĕрлĕ продуктсем. укса-тенкĕ çителĕклĕ валеçес тесе, пуçламăш парторганизацине правлени тачă çыхăнса ĕçлеççĕ. Парторганизацин шанчăклă помощникĕ — комсомол организацийĕ.

Комсомолецсем производствăн пур ответлă участокĕсенче те активлă ĕçлеççĕ. Ипатий Афанасьевич Шашков комсомолец пиллĕкмĕш çул ĕнтĕ колхоз председателĕ пулса ĕçлет. Колхоз председателĕ пулма суйланă чухне И. Шашков 23 çулхи çамрăкчĕ, колхозри комсомол организаци секретарĕ пулса ĕçлетчĕ. Хăйне председатель пулма суйласанах вăл юхăннă хуçалăха ура çине тăратассишĕн пĕтĕм вăйне хурса ĕçлеме тытăнчĕ. Унтанпа колхозăн обществăлла хуçалăхĕ нумай ӳссе тĕрекленчĕ. Халĕ колхоз районта малта пыракан колхозсенчен пĕри шутланать.

Кăçал тырпула кăлартуллăн пухса кĕртессишĕн, государство умĕнчи пĕрремĕш тивĕçе срокчен пурнăçлассишĕн районта ăмăрту пуçарса яракансем те «Трактор» колхоз членĕсем пулчĕç. Вĕсен пархатарлă ĕçĕсем çинчен районта тата республикăра тухса тăракан хаçатсенче тăтăшах çутатса тăчĕç. Пултаруллă, хастар чĕреллĕ П. Александров жнейкăпа 123 гектар çинчи тырпула выçра пухрĕ. Колхозăн ЗИС-5 машини çинче ĕçлекен шофер К Саландаев Пăва хулинчи «Заготзерно» пунктне çĕрĕн-кунĕн тырă турттарчĕ. Вăл талăкра 35 километр хушшине тăватшар рейс (17 кун хушшинче 57 рейс) тунă. Колхоз государствăна срокчен, августăн 20-мĕшĕ тĕлне районти пур колхозсенчен те малтан тырă парса татрĕ.

Колхоз хирĕнче «Коммунар» комбайнпа Виталий Чернов комсомолец ĕçлерĕ. Хастарлă комсомолецăн комбайнĕ çинче вырма тухнă малтанхи кунран пуçласа мĕн кĕрхи ĕçсем вĕçленичченех районти комбайнерсен ăмăртăвĕнче малта пынипе кăтартакан паллă — хĕрлĕ ялав вăлкĕшрĕ. Вăл сезонта 308 гектар çинчи тырра вырса пухрĕ.

Колхозăн уйăх-саран çук, çавна пула обществăлла выльăх-чĕрлĕхе тăрантарса усрама кирлĕ тăран апат пулман. Колхоз хирĕнче нумай уйлă пусă çавăннăшĕ йĕркелени çав йывăрлăхран хăтăлма пулăшрĕ. Кăçал уй-хирсенчен пысăк тухăçлă тырпула пухса кĕртнипе пĕрлех, 1 793 центнер курăк утă пухса кĕртнĕ. Ăна ферма патне турттарса хунă.

Выльăх апачĕ хатĕрлекен бригада кăçал иртнĕ çулхинчен ăнăçлăрах ĕçлерĕ. Тымарсипĕç, силос тумалли ӳсентăрансем плана кăтартнинчен ытларах акса турĕ. Ситес суркунне выльăхсене симĕс апат çулса çитерме çĕртме пуссине — 21 гектар ыраш акса хăварнă.

Кăçал йывăçран 1.000 пуç вырнаçмалăх типовой вайăк-кĕшĕк вити туса лартнă, ĕне, сысна витисене тĕпренех юсанă. Хальхи вăхăтра платниксен бригади типовой кормокухньăна ĕçе ярассишĕн хытă тăрăшса ĕçлет. Витесене ăшăтса çитерне.

Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ çултан çул ӳсет. Октябрь уйăхĕ тĕлне кашни ĕнерен 1.300 литр сĕт суса илнĕ. Колхоз государствăна сĕт памалли задание июлĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарнă. Кăçалхипе иккĕмĕш çул ĕнтĕ колхозниксем ĕçкунĕ тăрăх сĕт илеççĕ. Колхоз производствинче тӳрĕ кăмăлпа ĕçлекен колхозниксем 150—160-шар литр сĕт илеççĕ.

Фермăсенче ĕçлеме пултаруллă колхозниксене уйăрса лартнă. Ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕрке тивĕçлипе пурнăçланса пырать. Кунта фермăри кадрсене тăтăшах улăштарса тăрас йĕрке пăрахăçа тухнă. В. Краснова доярка улттăмĕш çул ĕнтĕ пĕр улшăнмасăр ĕçлет. Вăл хăй пăхакан ĕнесенчен 1.478—1 513 литр сĕт суса илнĕ. Ĕçшĕн хушса тӳлемелли йĕркепе вăл иртнĕ çул тăватă уйăхри пĕр пăру илнĕ. Ытти работниксене те чылайăшне ĕçшĕн хушса тӳленĕ.

Сурăх фермипе сысна ферминче те ĕçсем ăнса пыраççĕ. Кăçал кашни çĕр сурăхран 137 путек илнĕ.

Колхозниксем ситес çулхи вăйлă тырпулшăн çине тăрса кĕрешеççĕ. Паха сортлă вăрлăх — вăйлă тырпул никĕсĕ. Çавпа асра тытса, колхозниксем вăрлăх фончĕсене çителĕклĕ таран уйăрса МТС-ăн «ОС-2» машинипе сортласа хывреç. Уставпа пăхнă фондсене пĕтĕмпех хывса çитерне. Колхозниксем ĕçкунĕпе пысăк тупăш илеççĕ. Аванс шучĕпе кашни ĕçкунĕ пуçне халлĕхе 2,3 килограмм тырă валеçсе панă.

Колхозниксен пурнăçĕ пуян та культурăллă. Вăрçă хыççăнхи çулсенче кăна Тӳскел ялĕ («Трактор» колхоз çав ялта) палламалла мар улшăнчĕ. Ялта 57 процент таран çĕнĕ пӳртсем туса лартнă. Кăçал 6 колхозник çемйи çĕнĕ пӳрт лартрĕ. Вĕсенчен иккĕшĕ пӳрт çийĕсене шифер, виççĕмĕшĕ тимĕр, пĕри черепипа витрĕç. Килес çул пӳрт лартма тата 5 колхозник пура хатĕрленĕ. Нумай колхозниксен килĕнче радио пур. Тухăçлă ĕç хыççăн колхозниксем Мускавран, Шупашкартан паракан передачăсене итлеççĕ. Ялти почта кашни кунах çĕршер хаçат-журнал илсе килет.

Колхоз çултан-çул ӳссе, тĕрекленсе пырать. Артель членĕсем тунă ӳсĕмсемпе лăпланса лармаççĕ. 1954 çулта колхоза электрификацилемелле. Çавна туma унăн вăй çителĕклĕ. Нумай пулмасть «Сельэлектро» урлă 80 лаша вăйлă электродвигатель туянчĕç.

Колхоз хуçалăхне тĕреклетес ĕçре кадрсем хăйсен политикăлла пĕлĕвне пĕрмаях ӳстерсе пыни паллă вырăн йышăнать. Колхозра парти вĕренĕвĕн çĕнĕ çулĕ йĕркеллĕ пуçланчĕ.

Пуян та культурăллă, телейлĕ пурнăçшăн «Трактор» колхоз членĕсем партипе правительствăна чĕререн тав тăваççĕ. Кăçалхи ялхуçалăх çулне ăнăçлă вĕçленĕ хыççăн колхозниксем килес çул тата пысăк ӳсĕмсем тăвассишĕн ырми-канми кĕрешеççĕ. Вĕсен лăпланса ларас йăла çук. Ял ĕçченĕсене КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленийĕ тата хастарлăрах ĕçлеме хавхалантарать.

А. КУЧНОВ.

## СССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### Чăваш государство педагогика институчĕн работникĕсене орденсемпе наградăласси çинчен

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ 1949 çулхи ноябрĕн 17-мĕшĕнче кăларнă Указ тăрăх, нумай çул хушши лайăх ĕçленĕшĕн наградăлас:

«ХИСЕП ПАЛЛИ» ОРДЕНПА

1. Георгий Васильевич Васильева — педагогика наукисен кандидатне, доцента.
2. Гурий Германович Германова — философи наукисен кандидатне, доцента.
3. Александра Анемподистовна Кондакована — биологи наукисен кандидатне, доцента.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. ВОРОШИЛОВ.

СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ Н. ПЕГОВ.

Мускав, Кремль.
1953 çулхи октябрĕн 27-мĕшĕ.

## ССР Союзĕн орденĕсемпе медалĕсене пани

Октябрĕн 29-мĕшĕнче Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председателĕн заместителĕ М. П. Павлов юлташ Улатăр хулинче СССР Верховнăй Совет Президиумĕ наградăланă çынсен пысăк ушкăнне орденсемпе медальсем панă.

Чугун çул çинче нумай çул хушши лайăх ĕçленĕшĕн Ленин орденĕ [illegible] юлташсем илнĕ: Хусан чугун çулĕ çинче ĕçлекен çул-йĕр обходчикĕ А. Н. Антонов, вагон мастерĕ Н. А. Веряскин, пăравус деповĕн машинисчĕ А. Б. Волков, вагон мастерĕсем В. Я. Григорьевпа П. Н. Егоров, чугун çулăн Улатăр уйрăмĕн инструкторĕ И. Н. Есин, пăравус деповĕн дежурнăйĕ С. Т. Калмыков, вагоннăй участок мастерĕ А. М. Кочетков, çул мастерĕ Д. С. Лямаев, участокри ревизор-инструктор Т. И. Магин, пăравус деповĕн машинисчĕсем Н. А. Морозовпа Н. Е. Моторнов, пăравус деповĕн приемщикĕ А. Д. Павленков, чугун çул уйрăмĕн коммерчески аслă ревизорĕ М. Г. Соколов, коммерчески ревизор Н. М. Фурманник, пăравус деповĕн машинисчĕ Н. Я. Сусагин.

Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ çак юлташсем илнĕ: радио-электромеханик М. Н. Антонов, пăравус деповĕн начальник помощникĕ А. П. Ахантьева, çул дистанцийĕн техникĕ Я. И. Белопасцев, пăравус деповĕн машинисчĕ И. М. Бурмистров, пăравус деповĕн мастерĕ С. И. Вихляев, поездсен участокри ревизор контролерĕ Г. Я. Бичигин, пăравус деповĕн машинисчĕ С. А. Кузнецов, разъезд дежурнăйĕ Г. В. Листков, участокри ревизор Ф. Н. Ортин, пăравус деповĕн машинисчĕсем П. Г. Павлова, Г. А. Пензин, Я. А. Рузанов, В. А. Спиридонов, А. О. Тихонов, Е. И. Федоров, Н. Г. Юрьев, станцири дежурнăй С. К. Помазов, вагон мастерĕ М. Ф. Фадеев.

«Ĕçри хастарлăхшăн» медаль пĕтĕмпе 21 çынна, «Ĕçре палăрнăшăн» медаль пĕтĕмпе 44 çынна панă.

Вăрман промышленноçĕнче нумай вăхăт хушши лайăх ĕçленĕшĕн Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ Алтышево вăрманпромхозĕн техноручĕ Е. Г. Тришкин тата çав вăрманпромхозăн инженерĕ В. А. Чернышев илнĕ.

Медицина енĕпе нумай вăхăт хушши лайăх ĕçленĕшĕн Бувакино районĕнчи больница фельдшерĕ П. П. Мусорин юлташ Ленин орденĕ илнĕ.

«Ĕçри хастарлăхшăн» медаль Пăрачкав районĕнчи больницан акушеркине Ю. А. Парфенова юлташа тата Бувакино районĕнчи больницан акушеркине Н. С. Степанова юлташа панă.

«Ĕçре палăрнăшăн» медаль Пăрачкав районĕнчи больницари медицина сестри А. Ф. Брыськина тата çав больницăн врачĕ Н. М. Шульц юлташсем илнĕ.

«Заготзерно» Улатăрти пункчĕн склад заведующийĕ Н. В. Карасев юлташ ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлес енĕпе нумай çул хушши лайăх ĕçленĕшĕн Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ илнĕ. Асăннă пунктăн аслă механикне И. С. Гарькин юлташа «Ĕçре палăрнăшăн» медаль панă.

1952 çулта тырă вырнă тата авăн çапнă çĕрте пысăк çитĕнӳсем тунăшăн Улатăр машина-трактор станцийĕн комбайнерĕ Н. В. Цапаев юлташ «Ĕçри хастарлăхшăн» медаль илнĕ.

Унтан М. П. Павлов юлташ орденсемпе медальсем панă çынсене награда илнĕ ятпа саламланă, малашнехи ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем туma ырă суннă.

## Ялхуçалăх специалисчĕсен семинарĕ

МУРКАШ. Районти культура суртĕнче ялхуçалăх специалисчĕсемпе шкулсенчи биологи учителĕсен семинарĕ пулса иртрĕ.

Унта парти райкомĕн секретарĕ Т. Логинов юлташ КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн итогĕсем çинчен доклад туса пачĕ. Çавăн пекех семинарта Чăваш ялхуçалăх институчĕн профессорĕ Пельцих «Çĕрулмипе пахча çимĕç культурисен тухăçлăхне ӳстересси» темăпа, ялхуçалăх наукисен кандидачĕ Кружилин доцент — «Выльăх апачĕн никĕсне тăвасси — выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри тĕп задача», ялхуçалăх наукисен кандидачĕ Владыкин доцент — «Выльăх-чĕрлĕх тупăшлăхне ӳстерес ĕçри тĕп ыйтусем» темăсемпе докладсем туса пачĕç.

А. ЛЕОНТЬЕВ.

## Партие—мухтав!

Сулпуçĕмăр Парти, санра пĕтĕм ырлăх,
Мĕнпур ырă шанчăк, хастарлăх санра,
Телейлĕ эпир! Пурăнатпăр халь ырă,
Ыран пуласси—лайăхрах, пуянрах!

Мухтав, аслă Парти,
ес вăйлă та паттăр,
Пыратăн тӳр сул кăтартса.
Мĕльюн йышпала çак юрра
шăрататпăр
Сана чĕререн тав туса.

Пин-пин сухрăмра—çĕр çинче,
сывлăшра та,
Кăвак хумсемпе чӳхенен тинĕсре,—
Янратăр юту,—ĕçсыннн хăват хуштăр,
Пĕр чăмăр, пĕр йыш пулса тăтăр ĕçре.

Мухтав, аслă Парти,
ес вăйлă та паттăр,
Пыратăн тӳр сул кăтартса.
Мĕльюн йышпала çак юрра
шăрататпăр
Сана чĕререн тав туса.

Çĕршыв кĕрешсе, çĕнтерсе
паттăрланчĕ,
Ялан ӳстеретпĕр ун вăй-хăватне.
Кашнин чĕринче чĕрĕ вăй çунатланчĕ,
Утатпăр эпир коммунизм патне.

Мухтав, аслă Парти,
ес вăйлă та паттăр,
Пыратăн тӳр сул кăтартса.
Мĕльюн йышпала çак юрра
шăрататпăр
Сана чĕререн тав туса.

Сулпуçĕмăр Парти, санра пĕтĕм ырлăх,
Мĕнпур ырă шанчăк, хастарлăх санра,
Телейлĕ эпир! Пурăнатпăр халь ырă,
Ыран пуласси—лайăхрах, пуянрах!

Мухтав, аслă Парти,
ес вăйлă та паттăр,
Пыратăн тӳр сул кăтартса.
Мĕльюн йышпала çак юрра
шăрататпăр
Сана чĕререн тав туса.

Павел НИКОЛАЕВ.

## Колхозăн перспективлă планĕ

ИЕПРЕС. Сталин ячĕпе тăракан колхозра колхоз хуçалăхне аталантармалли перспективлă план туса хатĕрленĕ. Плана колхоз правленийĕн ларăвĕнче, коммунистсен уçă пухăвĕнче, уй-хир бригадисенче пăхса тухнă. Çак план тăрăх ĕçлесе, колхоз ситес 2—3 çул хушшинче КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ ялхуçалăх умне кăларса тăратнă задачăсене пĕтĕмпех пурнăçламалла.

КПСС райкомĕн бюровĕ колхоз председателĕн М. Яковлев юлташăн 1954—1955 çулсенче колхоза аталантармалли перспективлă план çинчен тунă докладне итлесе ĕçтсе ярĕ.

Парти райкомĕн бюровĕ çак паха мероприятие ырларĕ. Ситес кунсенче колхоз председателĕсемпе ялхуçалăх специалисчĕсен канашлăвне ирттерме палăртрĕ. Çав канашлура Сталин ячĕпе тăракан колхозăн перспективлă планĕпе паллаштарма йышăнчĕ, çакăн пек плана кашни колхозрах туса хатĕрлеме сĕнчĕ.

Н. ПАВЛОВ.

## Комсомолецсем пусаркине

Ахăл лени енчи торфопредприятири механически цехри комсомол группи 14 комсомолеца пĕрлештерсе тăрать. Ăна ВЛКСМ комитечĕн членĕ Н. Казюнов токарь ертсе пырать.

Çав комсомол группи механизаторсем хушшинче социализмлă ăмăрту пуçарчĕ.

Механизаторсем Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăртăва хутшăнса илнĕ обязательствăсене пурнăçласа пыраççĕ. А. Сорокин, Н. Сергеев комсомолецсем багер машинисене юсанă çĕрте кашни кунхи ĕç нормине 150—175-шер процент тултараççĕ, хăйсене çирĕплетсе панă 4-мĕш номерлĕ багер машинине кăтартнă срокчен уйăх маларах юсаса пĕтерчĕç. Юлашки кунсенче А. Кулыгин, Н. Халтурин, Г. Кульякин слесарьсем кулленхи задание 200 процент, электросварщик В. Михайлов 290 процент тултарса ĕçлерĕç.

Н. АЛЕКСЕЕВ,
торф предприятинчи комсомол комитечĕн членĕ.

## Колхозсем машинăсем туянаççĕ

СĔНТĔРВĂРРИ. Колхозсем кооперацирен ялхуçалăх тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем нумай сутаççĕ. Киров ячĕпе тăракан колхоз аш-какай сутса «ГАЗ-51» автомашина илчĕ. «Сĕнтĕрпуç» колхоз 75 тонна çĕрулми, «Светлый путь» колхоз 60 центнер аш-какай сутрĕç. Вĕсем те машинăсем туянаççĕ. Молотов ячĕпе тăракан колхоз тепĕр машина илме аш-какай сутать. Вара колхозăн 4 автомашина пулать.

М. ТИТОВ.

* * *

ШĂХАСАН. Çак кунсенче Киров ячĕпе, Чапаев ячĕпе, Куйбышев ячĕпе тăракан колхозсем государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутса пĕрер автомашина илчĕç. Халĕ районта автомашинăсăр колхоз çук. Ленин ячĕпе тăракан колхоз «Москвич» çăмăл машина туянчĕ.

Г. ВАСИЛЬЕВ.

## Уява хатĕрленсе

Шупашкарти аш-какай комбиначĕ тунă çĕрте ĕçлекенсем аслă уява савăнăçпа ирттереççĕ. Художествăлла пултарулăх кружокĕсем çĕнĕ программăпа концерт ирттереççĕ. Хор кружокĕнче çĕнĕ юрăсем юрлама вĕренсе çитрĕç. Хор кружокĕн репертуарне вырăс тата чăваш композиторĕсен юррисене кĕртнĕ. Драмкружок «Хаклă кăна» пьеса лартса парать.

Н. ГУРЬЕВ.

# Аслă çĕнтерӳсен çулĕпе

**З. А. АНДРЕЕВА,**
**Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председателĕ**

Пирĕн çĕршывра аслă революци этемлĕхĕн пурнăçне тĕпренех лайăхлатас ĕçе пуçарчĕ, унчченхи пĕр революци те государствăсенче халăхсен пурнăçĕнче çакăн пек пысăк улшăну туман.

Марксизм-ленинизм идейисем хавхалантарса тата организацилесе пынипе, тĕнчере халăх демократи государствисем тата Китай Халăх Республики пулса тăчĕç, капитализмла çĕршывсемпе колониисенче империализма хирĕç, нацилле ирĕклĕхшĕн пыракан кĕрешӳ анлă сарăлчĕ.

Коммунистсен аслă партийĕ, Ленин тата Сталин ертсе пынипе, аслă тĕллев патне каймалли çул çинчи пур йывăрлăхсемпе чăрмавсене те пĕтерсе пычĕ, халăх массисен пĕтĕм тĕнче историйĕнчи чаплă çĕнтерĕвĕ патне илсе çитерчĕ.

Совет влаçĕ пĕтессн çинчен тăшмансем çуйхашни ахалех пулчĕ, çак власть çултан-çул тĕрекленсе пычĕ. Пилĕк çуллăх плансем пултланса ларасси çинчен тăшмансем пĕр хут кăна мар павранă, анчах массăсен социализмла ăмăртăвĕн хăватлă вăйне пула пилĕк çуллăх плансене срокченех пурнăçланă. Пире тăшмансем пĕр хут кăна мар хăратма пăхрĕç. Вĕсем граждан вăрçи çулĕсенче, Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче пирĕн çĕршыва парăнтарма хăтланчĕç. Анчах вĕсен усал шухăш-ĕмĕчĕсем путланса ларчĕç. Совет государстви хăй питех те хăватлă пулнине кăтартрĕ.

Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви халăхăн ӳссе пыракан ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерме хытă тăрăшаççĕ. Çакă СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ йышăннинчен, партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕнчен тата ун хыççăн СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ хуçалăхăн тĕрлĕ отраслĕсене аталантарасси çинчен йышăннă решенисенчен лайăх курăнать. СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче партипе Совет правительстин çывăх вăхăтра пурнăçламалли планĕсем çинчен каласа пачĕ. Савăн чухне вăл пирĕн çĕршывра йывăр индустри никĕсĕ çинче халăха кулленех кирлĕ таварсем туса кăларассине хăвăрт вăйлатма пур майсем те пуррине палăртрĕ. Ялхуçалăхне вăйлатса, колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен çирĕплетсе пымалла, тырпулпа выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстермелле, çав никĕс çинче çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне аталантармалла. Çапла майпа çитес икĕ-виçĕ çул хушшинче халăх валли апат-çимĕç тата çăмăл промышленность валли чĕртавар нумайран та нумай парса тăмалла тăвас задача тăрать.

Çак задачăна совет халăхĕ хăйĕн пысăк та пархатарлă ĕçĕ тесе шутлать. Совет çыннисем ку задачăна пурнăçа кĕртессишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлеççĕ. Çĕршыври пур вырăнсенче те çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç предприятийĕсем лартаççĕ, машина-трактор станцийĕсене техникăпа пуянлатаççĕ, кадрсем парса çирĕплетеççĕ, колхозсен хуçалăхĕсене вăйлатма мерăсем йышăнаççĕ. Ĕçсыннисем продукци пахалăхне лайăхлатма, ассортиментне пысăклатма, хăйне лакакан хакне йӳнетме, тырпул тухăçлăхне ӳстерме, выльăх-чĕрлĕх шутне нумайлатма тата унăн тухăçлăхне ӳстерме социализмла обязательствăсем илеççĕ.

Коммунистсен партийĕ çĕршыва индустриализацилемелли политикăна пурнăçлама тытăннăранпа Совет Союзĕнче промышленность продукци туса кăларасси 29 хут ӳснĕ. Унччен хуçалăх çавăн пек хăвăрт ӳсни историре нихçан та пулман. Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план ăнăçлăн пурнăçланса пырать.

Чăваш республикинчи промышленность предприятийĕсем кăçалхи тăхăр уйăхра продукци туса кăлармалли плана 102,7 процент тултарчĕç, пĕлтĕрхи çав вăхăтринчен 13.3 процент ытларах продукци туса кăларчĕç.

Октябрьти Аслă революци 36 çул тултарас умĕнхи социализмла ăмăртăва Шупашкарти электроаппаратура завочĕ пуçарчĕ. Завод коллективĕ тăхăр уйăх планне сентябрĕн 10-мĕшĕ тĕлне, 11 уйăх планне ноябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ, планран ирттерсе 6.240 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларчĕ. Кунти рабочисем хушшинче стахановецсемпе ударниксем 74 процент.

Куславккари çуртсем тăвакан завод Молотов хулинчи çуртсем тăвакан заводпа ăмăртса ĕçлет. Ăмăртура Куславккари завод коллективĕ малта пырать. Завод тăхăр уйăхри плана 108,5 процент тултарчĕ, сентябрь уйăхĕнче планран ирттерсе 12 çурт туса кăларчĕ. Ку заводăн çуртсем тăвакан цехĕ хăйĕн сентябрьти планне 121 процент пурнăçланă, планран ирттерсе 564 пин тенкĕлĕх продукци туса хатĕрленĕ.

Улатăрти пăравуссем юсакан завод тăхăр уйăх планне 105,3 процент тултарчĕ. Сборочнăй цехри 29 стахановец пилĕк çуллăх заданийĕсене кăçалхи сентябрь уйăхĕнчех пурнăçа кĕртнĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕпе хавхаланса, Канаш хулинчи промкомбинат коллективĕ колхозсем валли выльăх апатне пăспа çемçетмелли савăтсем, шыв башнисен бакĕсем, фермăсем валли пысăк хурансем, 5—25 тонна кĕрекен цистернăсем нумайрах туса кăларма пулнă.

Шупашкарта пысăк пир-авăр комбиначĕ тăваççĕ. Комбинатăн пир-авăр фабрики çулталăкра 56.640 пин центнер çип арласа кăлармалăх пулать. Вăл комбинатăн пир-авăр фабрики валли, Çĕрпӳрипе Сĕнтĕрти фабрикăсем валли çип çителĕклĕ парса тăмалла, арласа кăларнă çипĕн 30 процентне республика тулашĕнчи фабрикăсене ямалла. Комбинатăн хăвачĕ çулталăкра 38 миллион метр пир-авăр хатĕрлĕмелĕх пулать.

Канашра çĕнĕ çу завочĕ лартнă, вăл çĕнĕ техникăпа пуян. Ку заводра кашни сехетре 400—500 килограмм усламçу туса хатĕрлеççĕ.

Анчах республикăра производство планне тултарса пыман предприятисем те пур-ха. Вĕсен ĕçне лайăхлатассишĕн тимлĕн тăрăшасси партипе совет тата хуçалăх органĕсен паянхи пысăк ĕçĕ пулса тăрать.

ССР Союзĕнче колхоз стройĕ çĕнтерчĕ. Социализмла ялхуçалăхĕ хăйĕн пурнăçри пысăк хăватне кăтартрĕ. Коммунистсен партийĕ малашне ялхуçалăхне хăвăртрах вăйлатас задача лартрĕ. Çав задачăна пурнăçлассине пирĕн ял ĕçченĕсем хăйсен чыслă ĕçĕ тесе шутлаççĕ.

Пирĕн республикăри колхозсенчен чылайăшĕ ялхуçалăх продукчĕсем нумайрах та нумайрах туса хатĕрлеме тимлĕн тăрăшаççĕ. Чкаловски районĕнчи «Гвардеец», Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозсем, Елчĕк районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз тата ытти сем те çулсеренех пысăк тухăçлă тырпул туса илеççĕ.

Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз 1941 çулта кашни гектартан 7—8 центнер тырă туса илнĕ пулсан, кăçал гектартан 20—23 центнер тырă пухса кĕртнĕ. Колхоз 1941 çулта 104 пин тенкĕ тупăш илнĕ пулсан, халĕ пĕр миллионтан пуçласа икĕ миллион тенкĕ таран тупăш илет. Колхоз хăйĕн тупăшĕсене 3—3,5 миллион тенкĕ таран ӳстерме шутлать. Унта çĕрулми гектартан 300—350 центнер, выльăх апачĕн кăшманĕсене 800—1 000 центнер туса илессишĕн, ĕнерен 3—3.5 пин литр сĕт суса илмелле тăвассишĕн кĕрешеççĕ.

Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз кăçал купăста кашни гектартан 540 центнер, сухан 180 центнер, выльăх апачĕн кăшман 450 центнер туса илнĕ. Çав районти «Красное знамя» колхоз 4,5 гектар çине лартнă пахча çимĕçрен 63 400 тенкĕ тупăш илме пултарнă.

Етĕрне районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхоз тăхăр уйăх хушшинче кашни ĕнерен вăтам шутпа 2.472 килограмм сĕт суса илнĕ. Колхоз 1954—1955 çулсенче кашни ĕнерен çулталăкра 4.000 килограмм сĕт суса илмелле тăвас задача лартнă. Республикăри ытти чылай колхозсенче те выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ ӳсет.

Анчах пирĕн республикăра кая юлнă колхозсем чылай-ха. Партипе совет органĕсен çав колхозсене хуçалăхпа организаци тĕлĕшĕнчен тĕреклетес енĕпе ытларах ĕçлемелле пулать. Тырпул туса илес тата обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçсене лайăхлатнипе пĕрлех, пахча çимĕç тăвас ĕçе анлă сармалла. 1954 çулта Чăваш республикинче 55.800 тонна пахча çимĕç туса илмелле. 1954—1955 çулсенче парниксенчи рамăсен хисепне виçĕ хут ытла, теплицăсен хисепне 10 хута яхăн ӳстермелле.

Пирĕн республика кăçал 306 трактор илчĕ пулсан, 1954 çулта 700 трактор илет. кăçал 250 комбайн илчĕ пулсан, 1954 çулта 700 комбайн илет. Кăçалхи тăваттăмĕш кварталта çĕрулми кăлармалли комбайн 10 илетпĕр пулсан, 1954 çулта çавăн пек комбайн 300 илетпĕр. 1954 çулта çĕрулми лартмалли 220 машина параççĕ. Çакăнтан пирĕн республика ялхуçалăхне аталантарма партипе правительство нумай пулăшни лайăх курăнать.

Парти чĕннипе хавхаланса, специалистсем колхозсемпе МТС-сенче ĕçлеме яма ыйтаççĕ. Халиччен 706 специалист заявлени пачĕç. Вĕсем колхозсенче ĕçлеççĕ. МТС-сенче механизаторсем пулса ĕçлемешкĕн вĕренме тата 400 çын янă.

Пирĕн çĕршывра тавар çаврăнăшĕ вăйланса пырать. Тавар çаврăнăшĕ 1953 çулта, 1939 çулхипе танлаштарсан, 2 хут ӳснĕ. Чăваш республикинче потребкооперацн енĕпе 1950 çулăн пĕрремĕш çур çулĕнче пир-авăр 21.135 пин тенкĕлĕх сутнă пулсан, кăçалхи пĕррремĕш çур çулта 28.598 пин тенкĕлĕх сутнă. Ытти таварсем сутасси те ӳснĕ. Халăх тĕрлĕ машинăсем, мотоциклсем, велосипедсем, сехетсем, строительство материалĕсем нумай туянать. Ваккăн сутмалли таварсен хакне йӳнетнĕ, ялхуçалăх налогĕн хисепне чакарнă тата ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрленĕ чухне тӳлемелли хака ӳстернĕ май, халăхăн тавар туянас пултарулăхĕ чылай ӳсрĕ. Çапах та суту-илӳ организацийĕсен ĕçĕнче пысăк ситменлĕхсем нумай-ха. Суту-илӳ ĕçне партипе правительство решенийĕсенче кăтартнă пек йĕркелесе вăйлатас пулать.

Пирĕн çĕршывра халăхăн культури ӳсе пырать. Кăçал тĕрлĕ шкулсемпе курссенче 57 миллион çын ытла вĕренет. Пирĕн республикăра та халăха вĕрентес ĕç анлă сарăлчĕ, вĕренекенсен йышĕ пысăк.

Пирĕн аслă Тăван çĕршыв социализмла хăватлă держава пулса тăчĕ. Тĕнчери ĕççыннисем ун çине шанса пăхаççĕ, совет халăхĕнчен пример илеççĕ. Совет Союзĕ тĕнчери демократилле лагере ертсе пырать. Çак лагерьти çĕршывсем тата пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх миршĕн, демократишĕн, социализмшăн кĕрешеççĕ. Çак кĕрешӳ вăйланнăçемĕн вăйланса пырать.

Марксăн — Энгельсăн — Ленинăн — Сталинăн пурне те çĕнтерсе пыракан вĕрентĕвĕпе хĕçпăшалланнă Коммунистсен партийĕ совет халăхне çĕнĕ çитĕнӳсем патнелле, коммунизм патнелле ăнăçлăн ертсе пырать.

## Октябрь

Çутçĕр çилĕ чĕпĕтет ырлех,
Хăратет вăл пирĕн сăн-пите.
Пурпĕр чĕресем кăвар пекех,
Сут Октябрь çулăмĕ пирте.

Ылтăн çулçă тăкăннă йăлтах,
Йăмрасем кашлаççĕ урампа.
Ылтăн пек илемлĕ çав-çавах
Пирĕн пурнăç аслă çĕршывра.

Байăксем ăсанчĕç кăнтăра,
Илтĕнмест вĕсен юрри текех.
Шăранать çавах ман чунăмра
Савăнăç юррийĕ ирттенех.

Мĕншĕн хĕпĕртет-ха пирĕн чун?
Мĕншĕн сивĕ мар-ха кăркунне?—
Ăшăтать пире çак аслă кун,
Пирĕншĕн вăл—ăшă çуркунне!

Василий АЛЕНДЕЙ.

## „Колхоз высоких урожаев" кинокартинăна юратса пăхаççĕ

Мускаври кинотеатрсенче Свердловскри киностуди ӳкернĕ «Колхоз высоких урожаев» ятлă нумай тĕслĕ научно-популярнăй фильм кăтартма тытăннă.

Фильм Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозăн чаплă ĕçĕсем çинчен лайăх каласа парать.

Сценари авторĕсем тата режиссер колхоз стройĕн пысăк вăйне питĕ ĕненмелле, питĕ лайăх кăтартса панă.

Революциччен вăхăтра Кольцовка ялĕнчи хресченсен çĕрĕ çинче тырпул питĕ начар пулнă, ял çыннисем чухăн пурăннă. Халĕ кунта ĕлĕкхи асаплă пурнăçăн йĕрне те курăйăн.

Курăк акмалли пусă çаврăнăшне пурнăça кĕртни, тарăн сухалани, Вăрнар МТС-ĕн механизаторĕсем колхоза пулăшса пыни, вăрмансем лартса ӳстерни, ĕç дисциплинине лайăхлатни тырпул тухăçлăхне татăклăнах хăпартма пысăк май панă. Октябрь революциччен кашни гектартан 5-шер центнертан ытла мар тулă пухса кĕртнĕ пулсан, халĕ ĕнтĕ пысăк çĕр лаптăкĕ çинче кашни гектар пуçне 41.3-шер центнер тулă туса илеççĕ.

Колхоз председателĕ Социализмла Ĕç Геройĕ С. К. Коротков, уй-хир бригадисен бригадирĕсем Социализмла Ĕç Геройĕсем пĕр тăван Ашанинсем, А. Ф. Ломанин, Т. Ф. Еллырева ертсе пынипе тата мĕнпур колхозниксем пĕтĕм вăя хурса ĕçленипе колхозăн пуянлăхĕ, тупăшĕ мĕнле ӳссе пынине фильм уççăн кăтартса парать.

Фильма пысăк интереспа пăхаççĕ. Халĕ, КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн историлле решенийĕсем хыççăн, Мускав çыннисем çак фильма тата пысăкрах интереспа пăхма тытăнчĕç. Ку кинофильм — совет ялĕнчи çынсем çинчен чуна савăнтарса каласа паракан повесть.

Л. АПАРНИКОВ,
учитель.

Мускав хули.

## Вулав çурчĕн паянхи ĕçĕсем

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Тусайри вулав çурчĕн культурăллă-массăллă ĕçĕсем нумай енлĕ те интереслĕ пулса пыраççĕ. Юлашки вăхăтра вулав çурчĕ партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановление ял ĕçченĕсене ăнлантарса парас тĕлĕшпе парторганизацие пысăк пулăшу пачĕ. Лекцисемпе докладсем йĕркеллĕ пулса пыраççĕ, агитаторсем кăçсерен каласусем ирттереççĕ.

Вулав çуртĕнче Пленум постановленийĕнче кăтартнă задачăсене пысăклатса сырса плакат-витрина тунă. Кунтах ялхуçалăх темипе тата малта пыракансен опычĕ çинчен çырнă кĕнекесен выставки илĕртсе тăрать. Ахальтен мар ĕнтĕ юлашки вăхăтра çакăн пек кĕнекесене илсе вулакансен йышĕ ӳсрĕ. Ватă колхозник А. Александров агротехника курсĕнче вĕренет. Вăл халĕ çĕрулми, кантăр, ыхрапа сухан çинчен çырнă кĕнекесене илсе вуларĕ.

Вулав çурчĕ колхозри выльăх-чĕрлĕх фермисенче куçса çӳрекен библиотека йĕркелерĕ. Унта выльăх-чĕрлĕх ăстаçисен опычĕ çинчен çырнă кĕнекесемпе зоотехника курсĕнче вĕренмелли пособисем пур. Ĕне ферминче кăтарту хăми тунă, унта дояркăсен кулленхи ĕçне курма пулать. Çуркуннеренпех М. Прохорова доярка ячĕ малта тăрать. Ферма заведующийĕ, вулав çурчĕн активисчĕ В. Алексеев комсомолец кĕнекесене сăсăпа вуласа парать. Кайран вĕсем итленине сӳтсе яваççĕ.

Вулав çуртĕнчи хорпа драма кружокĕ ирттерекен концертсене колхозниксем юратса итлеççĕ. Кружоксенче халĕ уяв концерчĕ хатĕрлеççĕ.

Колхозра ялта кино кăтартас ĕçе те вулав çурчĕ пуçарса пырать. Çак кунсенче «Колхоз высоких урожаев» ятлă фильм пулчĕ. Ялхуçалăхĕ çинчен ӳкернĕ картинăсене колхозниксем юратса пăхаççĕ.

Н. ОРЛОВ.

## КĔСКЕН

Пысăк тупăш. Жданов ячĕпе тăракан колхоз (Советски районĕ) çулсерен пысăк тухăçлă пахча çимĕç ӳстерет. Кăçал пахча çимĕç сутса 60 пин тенкĕ ытла тупăш илнĕ.

Çĕнĕ вите. Сталин ячĕпе тăракан колхоз (Красноармейски районĕ) çулсеренех çĕнĕ çуртсем лартать. Çак кунсенче строительство бригади 250 пуç чăх-чĕп вырнаçмалăх вите туса пĕтерчĕ.

Л. НИКОЛАЕВ.

# Пуçарулла та пултарулла коллектив

*М. АРДАМАТСКИЙ,*
*электроаппаратура завочĕн директорĕ.*

Шупашкарти электроаппаратура тăвакан завод коллективĕ уяв ячĕпе илнĕ социализмла обязательствăна чыслăн пурнăçларĕ. Завод иртнĕ уйăхри плана ирттерсе тултарчĕ, продукци туса кăлармалли 11 уйăхри задание срокчен пурнăçларĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халăх пурнăçне лайăхлатассишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшни завод коллективĕн политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне çĕнĕ хăватпа вăйлатса ячĕ. Цехсем, участоксем, сменăсем, уйрăм рабочисем хушшинче производство культурине ӳстерессишĕн, продукци пĕр тикĕс, график тăрăх туса кăларассишĕн, халăха кирлĕ япаласем тăвакан предприятисемпе ялхуçалăхĕн заказĕсене чыслăн пурнăçлассишĕн социализмла ăмăрту халиччен пулман çĕкленӳпе сарăлса кайрĕ.

Завод коллективĕ вунă уйăхри плана октябрĕн 10-мĕшĕ тĕлне, вунпĕр уйăхри плана—ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тултарма сăмах пачĕ. Чăннипе вара вунă уйăхри плана обязательствăра палăртнă срокран виçĕ кун, вунпĕр уйăхри плана улттă кун маларах пурнăçланă.

Октябрь уйăхĕнче чылай йывăрлăхсем пулчĕç: пĕр енчен, хăшпĕр материалсем вăхăтра килсе çитеймерĕç, тепĕр енчен, питĕ кăткăс аппаратсем туса кăларма тиврĕ. Коллективăн пуçарулăхĕпе пултарулăхĕ ӳссе пыни ĕçре тĕл пулакан пур чăрмавсемпе йывăрлăхсене те çĕнтерме пулăшрĕ. Çапла вара цехсем, пайсем, участоксем пурте уйăхри плана хисеп енĕпе те, номенклатура тăрăх та ăнăçлă тултарчĕç.

Аслă уяв ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, иккĕмĕшпе виççĕмĕш сборочнăй цехсем кулленхи график тăрăх ĕçлесе пычĕç, уйăхри плана октябрĕн 29-мĕшĕ тĕлне тултарчĕç. Заготовительнăй цехсенчен штамповочнăй, металлурги тата фотохими цехĕсем паха тĕслĕхсем кăтартрĕç. Вĕсем те уйăхри производство планне срокчен тултарчĕç, заданирен ирттерсе чылай детальсем туса кăларчĕç.

Иртнĕ уйăхра завода СССР Суту-илӳ министерстви, СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви, халăха кирлĕ япаласем туса кăларакан тĕрлĕ ведомствăсем, Мускаври Центральнăй универмаг аппаратсем туса хатĕрлеме планпа палăртман нумай заказсем пачĕç. Çав заказсене коллектив срокчен пурнăçларĕ, пысăк пахалăхлă изделисем нумай туса пачĕ.

Уяв умĕн тунă чи пысăк çитĕнӳ вăл—кадрсен творчествăлла активлăхĕ ӳсни. Парторганизаци тĕрĕс ертсе пынипе, коллектив хăйĕн умĕнче тăракан кирек мĕнле задачăсене те ăнăçлă пурнăçласа пырать. Çĕршер рабочисем хăйсен ăсталăхне тăтăшах ӳстереççĕ. Стахановецсем, рационализаторсемпе изобретательсем технологи процесне çĕнетсе лайăхлатма, ĕç тухăçлăхне хăпартма пулăшакан майсемпе резервсене палăртаççĕ, паха сĕнӳсем нумай параççĕ. Малта пыракансем хăйсен опычĕпе тата меслечĕпе ыттисене паллаштарасси коллективра йăлана кĕнĕ. Вунă уйăх хушшинче 827 рабочи 1—1,5 çулхи, 113 рабочи—1,5—2 çулхи, 29 рабочи—2—3 çулхи нормăна, 188 стахановец пилĕк çул нормине срокчен тултарнă.

Паллă новаторсем—Мильман, Мищенко, Романов, Королев, Ефимов, Афанасьев, Монахова, Александрова, Сергеева, Нефедова юлташсем пĕрмаях пуçарулла ĕçлеççĕ, паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Рабочисем нормăсене вăтам шутпа 177 процент тултарни коллектив мĕн тери пултарулла ĕçленине уççăн кăтартать.

Коллективра пысăк пахалăхлă продукци туса кăларассишĕн, материалсем перекетлессишĕн вăйлă кĕрешӳ пырать. Кăçалхи вунă уйăх хушшинче 125 пин тенкĕлĕх хаклă йышши материалсем перекетленĕ. Пысăк пахалăхлă продукци çеç туса кăларакан хăшпĕр бригадăсен тĕслĕхĕсене министерствăна пăхăнса тăракан ытти предприятисенче те пĕлеççĕ. СССР Электростанцисемпе электропромышленность министерстви Довгаль юлташ ертсе пыракан слесарьсен бригадине, виçĕ хутчен, Бусакин юлташ ертсе пыракан бригадăна икĕ хутчен «Пысăк пахалăхлă продукци туса кăларакан бригада» ятне пачĕ. Спасова юлташ ертсе пыракан бригада та çав хисеплĕ ята илме тивĕçлĕ пулчĕ.

Пирĕн коллектив министерствăна пăхăнса тăракан предприятисем хушшинчи Пĕтĕм Союзри ăмăртура пĕлтĕрхи тăваттăмĕш кварталтанпа малти вырăнта пырать, СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне хăйĕн аллинче çирĕп тытса тăрать.

РЕСПУБЛИКА СТОЛИЦИН ÇЕНЕ УРАМĔСЕНЧЕ.
ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Шупашкарти Карл Маркс тата Володарски урамĕсем пĕрлешнĕ çĕрти çуртсем.
Е. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

# Италири ĕçсыннисен чухăнлăхĕ

Нумай пулмасть Италири [illegible] халăхăн пурнăçне тĕпчесе [illegible] синчен парламент депутачĕ социал-демократ Эцио Вигорелли хатĕрленĕ докладран вăрăм сыпăксем илсе пичетлерĕç. Халăхăн пурнăçне тĕпчесе илсе тĕлĕшпе парламент комиссийĕ ĕçленĕ. Комисси ĕçне Эцио Вигорелли ертсе пынă. Акă çав комисси материалĕсенчен илнĕ темиçе тĕслĕх.

Италире 324 пин çемье [illegible], мунча çиĕлсенче тата çĕр айĕнчи шăтăксенче пурăнать, миллион ытларах çемье пĕчĕк пӳртсенче тата тăвăр пӳлĕмсенче [illegible]. Тĕрĕсленĕ хыççăн çакна палăртнă: 1.357 пин çемье «чухăнлăхра пурăнать», урăхла каласан, пани выçă пурăнаççĕ, ыран апатланма май пулать-и е пулмасть-и—ăна пĕлмеççĕ. Тепĕр çавăн чухлĕ çемье «начар пурăнать», вĕсен пурнăç шайĕ ытла та иних. Тата, юлашкинчен, 7.617 пин çемье, Вигорелли комиссийĕн çемçе сăмахĕсемпе каласан, «ытам пурăнать». Ку вăл, чăннипе илсен, çакна пĕлтерет: çак çемьесен те пурнăçра мĕн кирли хире-хирĕç çитсе пыраймасть. Докладра çакăн пек тĕслĕх илсе кăтартнă: 869 пин çемье аш-какай тата сахăр никсан та çиеймест, миллион ытларах çемье çав çимĕçсене хăйсен сĕтелĕ çинче сайра хутра çеç курать.

Ĕçсĕрлĕх Италири ĕçсыннисемшĕн чăн-чăн трагеди пулса тăрать. Статистика ыйтăвĕпе ĕçлекен Центральнăй институт пĕлтернĕ тăрăх та 1953 çулхи январĕн пĕрремĕшне Италире 2.192 пин çын начах ĕçсĕр пулнă, çурма ĕçсĕррисен шучĕ тăватă миллион шутланнă. Çакă вăл халăх шучĕ 50 миллион çынна çитнĕ вăхăтра пулса иртет.

Ĕçсĕррисен çарĕ уйрăмах юлашки вăхăтра пысăк хăвăртлăхсемпе ӳссе пырать. Темиçе тĕслĕх илсе кăтартăпăр.

Итали хаçачĕсем халĕ металлурги тата машиностроени шутра предприятийĕсем хупăнни синчен пĕлтереççĕ. Пьомбинори «Магона д'Италиа» металлурги заводĕнче икĕ пин ытларах рабочие, «Терни» заводра—829, Савонри «Ильва» заводра—1.150 рабочие ĕçрен кăларса янă. Ытти предприятисенче те нумайăшĕнче çавăнашкалах.

Çакна мĕнпе ăнлантарма пулать-ха? Пĕрремĕшĕнчен, «Европăри çĕр кăмрăк тата хурçă пĕрлешĕвĕ» синчен тунă килĕшӳ вăл [illegible]. Çак пĕрлешĕве Итали те хутшăнать. «Пĕрлешӳри» металлурги магначĕсенчен вăйлăрах партнерĕн — Хĕвеланăç Германин конкуренцийĕ Италин вăйсăр металлургийĕ чăтса тăраймасть. Çавна пула металлурги промышленноçĕн производстви 1953 çулхи малтанхи тăватă уйăхра кăна 7 процент чакнă.

Италире ĕçсĕррисен шучĕ ӳсни иккĕмĕш сăлтавĕ вăл акă мĕнре: урăх çĕршывсене тавар сутас ĕçри йывăрлăхсене пула, промышленноçăн хăшпĕр отраслĕсем чакса пыраççĕ. Çапла, сăмахран, 1952 çулта, унччен çулхипе танлаштарсан, пир-авăр промышленноçĕнче ĕçлекен рабочисен шучĕ 38 пин çынна çитиех сахалланнă. Италири пир-авăр промышленноçĕ хăйĕн хăвачĕн 70 процентĕ чухлĕ кăна ĕçлет. Автомобильсем туса кăларасси те чакнă.

Çаксем, пĕтĕмпех «Атлантика блокне» кĕрекен çĕршыври влаçа тытса тăракан çынсен ăсăр политикинчен тухса тăнă ĕçсем пуласçĕ. Ĕç кунта акă мĕнре: Италие, Англи пекех, тулашри суту-илӳсĕр пурăнма пултараймасть. Унăн ют çĕршывсенчен нефть, çĕр кăмрăк, тимĕр, çĕр мăйăр, тырă, аш-какай пурпĕрех кӳрсе пымалла. Анчах туртарса килекен таварçăн тӳлеме валюта кирлĕ, ăна тупма мĕн-те пулин ют çĕршывсене турттарса кайса сутмалла. Итали ют çĕршывсене иракан таварсем шутĕнче иккĕмĕш вырăнта тăракан апат-çимĕçсем (улма-çырласем, эрехсем, сырсем) тата машинăсемпе пир-авăр пулса тăраççĕ. Анчах хальхи вăхăтра ку таварсене сутма йывăр. Тĕнчери пĕрлĕхлĕ рынок пайланса кайнă. Тĕнчери капитализмла рынока кĕрекен пысăк çĕршывсем пурте хăйсене хăйсем ют çĕршыв таварĕсенчен таможеннăй пошлинăсемпе картлареç. Тавар сутмалли рыноксемшĕн питĕ вăйлă конкуренци пырать, çав кĕрешӳре Итали йывăр сухатусем тӳсет. Унăн тулашри суту-илӳ балансĕнче таварсен дефицичĕ пĕрмаях ӳсет. Кăçалхи çулăн малтанхи тăватă уйăхĕнче, 1952 çулхи çав тапхăрпа танлаштарса пăхсан, Италин ют çĕршывсене таварсем сутасси тата 6,2 процент чакнă.

Çав та, Италин хăйĕн машинисене социализм лагерĕнчи çĕршывсене сутма майсем пур, çапла тусан вăл кризис хĕскĕчĕнчен хăтăлнă пулĕччĕ, анчах кунта çав çула Америка пӳлсе тăрать. Сăмахран, иртнĕ çулта çулла Италири пĕр фирма Румыни Халăх Республикине шлифовальнăй станок сутнă. Хăйĕн висине çак нимĕне те тăман суту-илӳ США конгресĕнче вăйлă çил-тăвăл кăларнă. Конгресра пулнисем, Баттл законĕ текенскере аса илсе, Италие Америка «пулăшăвне» парассина чарса лартма шутнă. Чăннипе илсен, «пулăшу» халĕ çулталăкра 10 миллион доллар пăрса тăнине çеç пулса пырать, çав укçа Италие хĕçпăшаллантарас ĕçе каять. Италири влаçа тытса пыраканçене Вашингтонран кăшкăрни саламат пырса тивнĕ пек хытă хăратса пăрахнă. Вĕсем, хăйсен хуçисенчен пин хут каçару ыйтса, ун пеккисем урăх нихçан та пулмĕç тесе шантарса каланă.

Çĕршыв экономикине аталанма чарса тăракан сăлтавсенчен пĕри çакă пулса тăрать ĕнтĕ. Çĕршыва аталанма чарса тăракан сăлтавсене нумаях пулмасть Пальмиро Тольятти представительсен палатинче каланă хăйĕн сăмахĕнче лайăх кăтартса пачĕ: 1947 çултан пуçласа 1951 çула çитиччен Итали халăхĕ 6.8 процент таран ӳснĕ, çав тапхăр хушшинчех промышленноçра ĕçлекен рабочисен хисепĕ 2,2 процент таран чакнă.

СССР Верховнăй Совечĕн юлашки сессийĕнче ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ çапла каларĕ: «Совет Союзĕпе Итали хушшинчи сыхăнусене лайăх аталантарса пырсан, Итали промышленноçĕ, халĕ пысăк йывăрлăхсем тӳсекенскер, пирĕн государствăсем хушшинчи экономикăлла сыхăнусене лайăхлатнипе чылай пысăк тĕрев илнĕ пулĕччĕ. Пĕр-пĕринпе усăллă килĕшӳ никĕсĕ çинче Итали çĕр кăмрăкĕ тата тырă илсе тăма, çавăн пекех тата хăйĕн промышленноçĕ валли заказсем илме пултарнă пулĕччĕ. Паллах, çакă вăл мухтавлă Итали халăхĕн пурнăç условийĕсене лайăхлатма пулăшнă пулĕччĕ».

Итали халăхĕн пурнăçĕ питех те йывăр. Ун синчен сӳлте асăннă тĕслĕхсем те лайăх каласа параççĕ. Çĕршыври буржуалла деятельсем йышăннă тăрăх, Италири рабочисен ĕç укçийĕ пĕтĕмпе те Францири рабочин ĕç укçийĕн çуррине, Англири рабочин ĕç укçийĕн тăватă пайĕнчен пĕр пайĕне тата Америкăри рабочин ĕç укçийĕн ултă пайĕнчен пĕр пайĕпе танлашать. Анчах, сăмах майĕн каласан, унти рабочисен ĕç укçийĕ те хире-хирĕç аран-аран сыпăнса пырать. Батраксем кун тăрăх ĕçлесе ĕç укçине час-часах пĕр пачка пирус илмелĕх çеç илеççĕ. Эмилия облаçĕнчи çĕвĕ çĕлекен предприятисенче ĕçлекен çамрăк работницăсем уйăхра 6 пин лир (38 тенкĕ те 52 пус) ĕçлесе илеççĕ. Çакă вăл çемьене чи кирлин 10 процентне тивĕçтерме кăна çителĕклĕ.

Ĕçсыннисен пурнăç шайĕ çине монополи наступлени туни тата халăхăн пурнăçĕ пĕрмаях чухăнланса пыни компартин сенатри ушкăнĕн председателĕ Мауро Скоччимарро илсе кăтартнă тĕслĕхрен лайăх курăнать. 1949 çулта промышленность туса кăларнă пĕтĕм продукцин хакĕнче капиталистсен уссамĕ 20.3 процент пулнă. 1951 çулта вара вăл 33,7 процента çити ӳснĕ. Апла пулин те пĕтĕм промышленность продукцийĕн хакĕнче ĕç укçи пайĕ 1949 çулта 42,5 процент пулнă пулсан, 1951 çулта 34,3 процента çити чакнă.

Инфляцие пула тата халăха кирлĕ таварсен хакĕсем ӳснине пула ĕçсыннисен пурнăç шайĕ 1938 çулхи шайран çуррине яхăн чакнă. Шултра монополисен уссамĕ кĕске тапхăртах, 1948 çултан 1951 çула çитиччен, «Нотице экономике» журнал пĕлтернĕ тăрăх, çакăн чухлĕ ӳснĕ: «Монтекатини» хими концернĕн—130 процент, «Фиат» машиностроени концернĕн—417 процент, искусственнăй майпа сӳс туса кăларакан «Сниа-Вискоза» обществин—187 процент, «Эдисон» электрокомпанин уссамĕ 200 процент ӳснĕ т. ыт. те.

Хресченсемпе батраксен пурнăçĕ калама çук начар. Италире лайăх çĕрсен пысăк пайĕ помещиксен аллинче. Сăмахран, çĕршывăн кăнтăр пайĕнче сухалама юрăхлă 3.690 пин акр çĕртен çуррийĕ 502 çĕр улпучĕ аллинче. Тепĕр çур пайĕ вара 5 миллион хресчен çемйисем хушшинче валеçĕннĕ. «Çĕр тытса тăракан» çак пилĕк миллион çемье, мĕнле те пулин пурăнас тесе, питĕ йывăр условисем тăрăх помещиксенчен ирĕксĕрех çĕр тара илеççĕ.

Ĕç кунпах пĕтмест-ха. Çĕр ĕçлекен вак хресчен хуçалăхĕсем пĕтĕмпех монополисене пăхăнаççĕ. Мĕншĕн тесен çав монополисем хресченсенчен вĕсем туса илекен продукцие пĕтĕмпех илсе тăраççĕ тата çав продуктсен хакне хăйсем кăтартса параççĕ. Пĕтĕм нацилле тупăшра хресченсем йышăнакан пай пĕрмаях чакса пырать. 1948 çулта ялхуçалăх тупăшĕ пĕтĕм нацилле тупăшăн 36,3 процентĕ пулнă, 1952 çулта—22,8 процент кăна пулнă. Çак цифрăсем хыçĕнче Италири хресчен çемйин хурлăхлă пурнăçĕ пытанса тăрать. Çакă вăл—нимĕнле çутă малашлăхсăр, тата ытларах çуклăх, выçлăх кĕтекен, ыран паянхинчен те япăхрах пулма пултаракан пурнăç.

Çĕр сахал пирки хресченсем хирĕçленине пула, пуç пулса тăракан христианла-демократла парти çĕршывра пĕчĕк çĕр реформи ирттерме йышăнчĕ. Çав реформа тăрăх, помещиксен çĕрĕн пĕр пайне туртса илсе (паллах, унпăн вĕсене нумай укçа тӳлесе), ăна хресченсене валеçсе памалла тунă (паллах, укçасăр мар, нумай вăхăтлăха кĕтмелле, анчах хаклă хакпа). Вĕсем çак «реформăна» хресченсене ырă пурнăç кӳракен çĕнĕ эрăн пуçламăшĕ пулса тăрать, тесе ытлашшипех мухтанă. Анчах хресченсен пурнăçĕ çакăнпа пĕртте лайăхланман. Акма юрăхсăр, шăварса тăрсан тата нумай укçа-тенкĕ тăкаклăсан кăна тырă туса илмелли çĕр лаптăкне пĕтĕмпе те 214 пин гектар çеç помещиксенчен «туртса илсе» хресченсене валеçсе панă. Çапла вара, «çĕр реформи» хресченсене чăннипе нимĕн те паман.

Халăха çаратмалли майсенчен пĕри, çавăн пекех, налог хумалли йĕрке пулса тăрать. Ĕç налогсем çултан-çул ӳснинче анчах мар-ха. Налог йывăрлăхĕ ытларах та ытларах ĕçсыннисем çине тиенет. Хысна пустаракан налогра косвеннăй налогăн хисепĕ ӳсçе пырать. Çак налога рабочи çемйи те, миллионерăн çемйи те пĕр пекрех тӳлеççĕ. Çав вăхăтрах налог тӳлекенĕн тупăшне кура илекен тӳрĕ налогăн пайĕ чакса пырать. Юлашки ултă çул хушшинче хыснана налогсенчен пухăнакан укçа шутĕнче косвеннăй налогсен пайĕ 70 процентран пуçласа 85 процента çити ӳснĕ, тӳрĕ налогăн пайĕ вара çавăн чухлĕ чакса пынă.

Италири ĕçсыннисем хăйсен прависемшĕн, хальхи вăхăтра влаçа тытса тăракансен политикине хирĕç тата та хăюллăрах, таччăн пĕтĕçсе, ăнăçлăрах кĕрешеççĕ. Забастовка юхăмĕ капитализмла пĕр çĕршывра та Италири пек вăйлă мар пулĕ тен. Производство ĕçлеме чарăннине пула, кунта рабочисен çакăн пек кĕрешĕвĕ анлă сарăлнă: хуçасем хăйсен предприятийĕсем хупăнни çинчен пĕлтерсен те рабочисем ĕçлеме пăрахмаççĕ. Кунта пĕр çул хушшинче кăна Римри, Миланри, Генуяри, Неапольри тата ытти пысăк хуласенчи рабочисен пĕтĕмĕшле забастовкисем, чугун çул çинче ĕçлекенсен пĕтĕмĕшле забастовки, пĕр миллион ытла батраксен забастовки пулса иртнĕ.

Çĕршыври рабочи класс тата пĕтĕм прогрессивлă вăйсем класс кĕрешĕвĕнче пиçĕхнĕ Италири Коммунистсен партийĕ тавра тачă пĕтĕçнĕ. Коммунистсен партийĕ хăйĕн ретĕнче 2.100 пин çынна пĕрлештерсе тăрать. Рабочи класĕн, çавăн пекех батраксен ытларах пайĕ Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацине кĕрекен Италири Пĕтĕмĕшле ĕç конфедерацине пĕрлешнĕ.

Çĕршыври пĕтĕм прогрессивлă вăйсем кăçалхи июнĕн 7—8-мĕшĕнче пулса иртнĕ парламент суйлавĕнче реакциллĕ вăйсене çĕнтерчĕç: христианла-демократла парти тата унпа пĕр блокра пулнă виçĕ пĕчĕк буржуалла парти поражени тӳсрĕç, иртнĕ суйлавсемпе танлаштарсан, темиçе миллион сасă сухатрĕç. Прогрессивлă вăйсен çак çĕнтерĕвне пула христианла демократсем парламентра йышăнтарнă демократие хирĕçле суйлав законĕ—суйлавсенче ытларах сасă илнĕшĕн парламентри депутатсен вырăнĕсен 15 процентĕпе премилемелли çинчен калакан закон путланса ларчĕ. Çак суйлавсенче Итали халăхĕн нумай пайĕ де Гасперин Америка майлă политикине сивлерĕ. Ку политика—çĕршыва хĕçпăшаллантармалли тата Америка хушнине пăхăнса тăмалли политика. Халăх массисем çакна лайăх ăнланчĕç: Америка «пулăшăвĕ» Италие чуралăха кĕртсе ӳкерчĕ, США монополийĕсем çĕршывăн тулашри суту-илĕвне ытларах та ытларах тытса илеççĕ, Италин шалти рынокне нумай вăхăт выртнă, никама кирлĕ мар таварсемпе тултараççĕ, çапла майпа çĕршывăн нацилле промышленноçне хавшатаççĕ. Итали Совет Союзĕпе тата халăх демократи çĕршывĕсемпе тытакан экономикăлла çыхăнусене, пурнăçпа йăлана кĕнĕскерсене, Америка сĕмсĕрленсе хушнипе пăсса пыни те çĕршывăн экономикине сахал мар хавшатать.

Июньре пулса иртнĕ парламент суйлавĕсем хыççăн çĕршывра политикăлла вăйсем çĕнĕлле вырнаçса тухнă, уйрăмах прогрессивлă лагерь вăйланнă. Çавна май ĕнтĕ правительство кризисĕ пуçланнă. Июлĕн 28-мĕшĕнче де Гаспери кабинетне сирпĕтсе антарнă. Де Гаспери çĕршыва халăх йышăнман малтанхи политикăна ирĕксĕрех йышăнтарасшăн пулнă. Реакцилле вăйсем, паллах, хăйсен малтанхи, Америка майлă политикине пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăйпа тăрăшма пăхĕç. Анчах халĕ вĕсене ăна тума йывăртарах. Парламентра демократилле вăйсен—коммунистсемпе социалистсен позицийĕсем вăйланчĕç.

Ĕçсыннисем халĕ çакна лайăх ăнланса пыраççĕ: Совет Союзĕпе тата социализм лагерĕнчи мĕнпур çĕршывсемпе суту-илӳ çыхăнăвне çĕнĕрен пуçарса ярсан кăна, Америка «пулăшăвне» тата «Атлантика политикине» йышăнмасан кăна çĕршывăн хальхи экономики кая юлнине пĕтерме, çавăнпа пĕрлех çуклăхран хăтăлма пулать.

И. АРТЕМОВ.

## Наукăпа техника тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕрне пулăшса тăрас енĕпе ĕçлекен Совет Союзĕпе Польша комиссийĕн сессийĕ çинчен

### ПĔЛТЕРНИ

Çак кунсенче Варшавăра ССР Союзĕпе Польша Халăх Республикин хушшинчи наукăпа техника тĕлĕшĕнчен „пĕр-пĕрне пулăшса тăрас енĕпе ĕçлекен Совет Союзĕпе Польша комиссийĕн черетлĕ сессийĕ пулса иртнĕ.

Комисси çĕршывсем хушшинче наукăпа техника тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕрне пулăшас енĕпе черетлĕ ыйтусене пăхса тухнă тата пĕр-пĕрин тĕлĕшпе çĕнĕ обязательствăсем йышăннă.

Икĕ енĕ те алă пуснă протокол тăрăх, Совет Союзĕ Польша Халăх Республикине наукăпа техника тĕлĕшĕнчен пулăшу парать. Совет Союзĕ Польша Халăх Республикине çакăн пек техникăлла документаци парать: химилле продуктсем туса кăларакан заводпа строительство материалĕсем тăвакан промышленность изделийĕсен завочĕн проекчĕсем; чи çĕнĕ йышши металлургипе энергетика оборудованийĕ, металл касакан станоксем, транспортпа строительство оборудованийĕ, халăха кирлĕ таварсен промышленноçĕ валли аппаратурăпа приборсем туса кăлармалли чертежсем; сăрăсем, медицина препарачĕсем, керамика изделийĕсемпе ытти изделисем туса кăлармалли технологи тĕлĕшпе техникăлла документаци; витаминсемпе кондитерски изделисем туса кăлармалли рецептура.

Совет Союзĕ Польша Халăх Республикин ялхуçалăхне тĕштырăсен, çу кăлармалли тата пăрça йышши культурăсен, пахча çимĕçсемпе ытти ялхуçалăх культурисен вăрлăхĕсене парать. Çавăн пекех совет специалисчĕсем вылăх-чĕрлĕхе чир-чĕртен сыхлас тĕлĕшпе консультацисем параççĕ.

Протоколра çавăн пекех çакна палăртнă: Польша ыйтнипе Совет Союзĕ Польшăри проект организацийĕсем туса хатĕрленĕ тĕрлĕ проектсене экспертиза тăвать.

Кунсăр пуçне Совет Союзĕ заводсенче, конструкторсен бюровĕсенче, наукăпа тĕпчев институчĕсенче тата ССР Союзĕнчи ытти учреждениисенче производствăлла практикăра пулма Польша специалисчĕсен ушкăнне йышăнать, çавăн пекех вырăнта техникăлла пулăшу пама совет специалисчĕсене Польша Халăх Республикине ярать.

Польша Халăх Республики хăй енчен Совет Союзне хими, кĕленче тата промышленноçăн ытти отраслĕсен хăшпĕр йышши продукцине туса кăлармалли техникăлла документаци парать, çавăн пекех тата совет специалисчĕсен ушкăнне халăх хуçалăхĕн уйрăм отраслĕсенчи çитĕнӳсемпе паллашма май парать.

Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсем хушшинче наукăпа техника тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕрне пулăшса тăрас ĕçĕн никĕсĕ пулса тăракан принцип тăрăх наукăпа техника тĕлĕшĕнчен пулăшу парашăн, çавăн пекех техникăлла документаци (заводсен, фабрикăсен, пурăнмалли çуртсен тата культурăпа йăла учрежденийĕсен çурчĕсен проекчĕсем, машинăсемпе оборудовани, аппаратсемпе приборсем туса хатĕрлемелли чертежсемпе расчетсем, производствăри технологи процесĕсем çинчен çырса кăтартнисем) панăшăн укçа илмеççĕ.

## Китайра Октябрь уявне хатĕрленеççĕ

ПЕКИН, ноябрĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Китай Халăх Республикинчи ĕçсыннисем Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнине уявлама тимлĕн хатĕрленеççĕ.

«Сунцзянжибао» хаçат çапла пĕлтерет: Харбинра Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх Обществин Харбин хулинчи уйрăмĕпе Сунцзянри провинци уйрăмĕн активĕн пĕрлехи ларăвĕ пулнă. Унта Октябрь революцийĕ 36 çул тултарнине уявлас тĕлĕшпе план туса хатĕрленĕ.

Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăх Обществин вырăнти уйрăмĕсем Центральнăй-Кăнтăр Китайри районсенче Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăхăн пĕлтерĕшĕ çинчен тата Совет Союзĕнче малта пыракан опыта вĕренме кирли çинчен каласусемпе докладсем ирттереççĕ. Октябрь уявĕ умĕн Уханьре совет композиторĕсен произведенийĕсенчен йĕркеленĕ концерт пулать.

Хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнине паллă тума Бантонри ĕçсыннисем те активлă хатĕрленеççĕ. Ноябрĕн 7-мĕшĕнче ку хулара Совет Союзĕнчи коммунизм строительствине кăтартса паракан пысăк фотовыставка уçăлать.

## Китайра çĕнĕ электростанцисем тăваççĕ

ПЕКИН, ноябрĕн 3-мĕшĕ. (ТАСС). Китая индустриализацилемелли планра энергетика строительстви пысăк вырăн йышăнать. Харбин, Фушунь тата Çурçĕр-Хĕвеланăçри ытти хуласенче, аякри Синьцзянра, çĕршывăн центральнăй тата кăнтăрти районĕсенче—пур çĕрте те çĕнĕ электростанцисем тăвас ĕç хĕрӳллĕн пырать.

«Шаньсижибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, çак кунсенче Тайюаньре теплоэлектростанци тума пуçланă. Вăл Çурçĕр Китайри чи пысăк теплоэлектростанцисенчен пĕри пулать. Унта Совет Союзĕнче туса кăларнă çĕнĕ оборудовани вырнаçтарса лартаççĕ. Электростанци 1955 çул пуçланнă тĕле ток памалла.

«Цюньчжунжибао» хаçат Сианьри 2-мĕш номерлĕ электростанцие ĕçе яма хатĕрлесе çитерни çинчен пĕлтернĕ.

Çав хаçатах çапла пĕлтерет: строительсемпе совет специалисчĕсем хастарлăн ĕçленине пула, Дихуари электростанцире оборудовани вырнаçтарса лартас ĕçе палăртнă срокран икĕ уйăх маларах вĕçленĕ.

## Ӳсĕм çулĕ çинче

БЕРЛИН, ноябрĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви халăх хуçалăх планне 1953 çулхи виççĕмĕш кварталта мĕнле тултарни çинчен Демократиллĕ Германи Республикин Государство план комиссийĕ çумĕнчи Центральнăй статистика управленийĕ пĕлтернине панă.

Пĕлтернинче çакна кăтартса панă: кăçалхи виççĕмĕш кварталта Демократиллĕ Германи Республикинче промышленность производстви, иртнĕ çулхи çав вăхăтпа танлаштарсан, 14 процент ӳснĕ.

Халăх аллинче тăракан промышленность предприятийĕсенче ĕç тухăçлăхĕ кăçалхи виççĕмĕш кварталта, иртнĕ çулхи çак вăхăтпа танлаштарсан, 9,7 процент ӳснĕ. Республикăри промышленноçра ĕçлекен рабочисен ĕç укçи çак вăхăт хушшинчах 9,4 процент ӳснĕ.

Ялхуçалăхĕнче те чылай çитĕнӳсем тунă. Иртнĕ çулхипе танлаштарсан, кăçал тырпула хăвăртрах пухса кĕртнĕ. Вылăх-чĕрлĕх хисепĕ ӳснĕ. Машина-трактор станцийĕсем, республикăри халăх именийĕсемпе ялхуçалăх кооперативĕсем çĕнĕ тракторсем тата ытти ялхуçалăх машинисем нумай илнĕ. Çавăнпа та ялхуçалăх ĕçĕсене пĕлтĕрхинчен лайăхрах механизацилеме пултарнă.

Çĕнĕ политикăна пурнăçласа пырса, Демократиллĕ Германи Республикин правительстви налогсене чакарнă, ĕç укçине чылай ӳстернĕ, апат-çимĕç продукчĕсемпе промышленность таварĕсен хакĕсене йӳнетнĕ. Çакă вăл республикăри ĕçсыннисен пурнăç шайне малалла ӳстерме май панă.

### АМЕРИКА ХЕСНИНЕ ПĂХМАСĂР

ПАРИЖ, ноябрĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Сингапуртан пĕлтернĕ тăрăх, Индонезин ялхуçалăх министрĕ Саджарво çапла каланă: Индонези Китай Халăх Республикине каучук сутма решени йышăннă.

Хĕвеланăç Германи. Гамбург хулинче [illegible] фашизм хăрушлăхне хирĕç кĕрешнисен [illegible] ирттернĕ. Хулара ĕçсыннисен демонстрацийĕнче митингĕсем пулса иртнĕ. Вĕсем çĕршыва милитаризацилени хирĕç, каллех фашизма ирĕк панине хирĕç протестленĕ.
ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Гамбург хулинчи пĕр урамри демонстраци.
Центральбильд фотоӳкерчĕкĕ.

## Шупашкар хулинчи ĕçсыннисен 1953 çулхи ноябрĕн 7-мĕшĕнчи демонстрацийĕ çинчен

Демонстраци 11 сехетре пуçланать. Демонстрацие кутшăнакан ĕçсыннисем предприятисемпе учрежденисенче обор нăй пунктсене пухăнаççĕ, вара, колоннăсене йĕркелесе, кăтартса панă маршрутпа Хĕрлĕ площаде пыраççĕ.

Хула варринчи урамсенче ирхине 10 сехетрен пуçласа демонстраци пулса иртиччен транспорт çӳремест.

ХУЛАРИ КОМИССИ.

## Уяв кунĕсенче

Шупашкар хулинчи предприятисемпе учрежденисенче 100 ытла художествăлла пултарулăх коллективĕсем ĕçлеççĕ. Аслă Октябрь уявне хатĕрленсе, вĕсем çĕнĕ постановкăсем кăтартма, концертсем пама хатĕрленнĕ.

Коопераци техникумĕнчи драма коллективĕ В. Чаплина çырнă «В стенах института» ятлă пьесăна лартса парать. Кунти хор коллективĕ (руководителĕ Б. Малышев юлташ) уяв кунĕсенче ятарласа тунă программа тăрăх пысăк концерт парать.

Чăвашпотребсоюзри хор тата драма коллективĕсем, уйрăм исполнительсем Октябрь уявĕ кунĕсенче пысăк концерт пама хатĕрленнĕ. Концерт программинче чăваш, вырăс, украина тата ытти халăхсен юррисемпе ташшисем нумай.

«Электрик» клубра икĕ хор, драма коллективĕ тата халăх инструменчĕсен оркестрĕпе хореографи коллективĕ ĕçлеççĕ. Вĕсенче 300 çын ытла. Хор коллективĕ уяв ячĕпе пулакан концертра Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви, халăхсен телейлĕ пурнăçĕ çинчен çырнă юрăсене юрласа парать.

Октябрь уявне хатĕрленнĕ май педагогика институтĕнчи художествăлла пултарулăх коллективĕсен смотрне ирттернĕ. Смотрта мала тухнă коллективсемпе уйрăм исполнительсем уяв кунĕсенче концертсемпе постановкăсем параççĕ.

Çавăн пекех уява пир-авăр комбиначĕнчи, «30 лет ЧАССР» клубри, ялхуçалăх институтĕнчи, сыхăну управленийĕнчи, учительсен суртĕнчи художествăллă пултарулăх коллективĕсем те тимлĕн хатĕрленсе кĕтсе илеççĕ.

Н. АМУРЦЕВ.

## Ялхуçалăх шкулĕнче

Ноябрĕн 2-мĕшĕнче Шупашкарта республикăри колхоз председателĕсем вĕрентсе хатĕрлекен ялхуçалăх вăтам шкулĕнче çĕнĕ вĕренӳ çулĕ пуçланчĕ. Кăçал çак шкулăн виçĕ курсĕнче 200 çынна яхăн вĕренеççĕ. Пĕрремĕш курса 62 çын тата колхоз председателĕсен квалификацине ӳстерес тĕлĕшпе ĕçлекен пĕр çуллăх курса 30 çын вĕренме килнĕ. Вĕсем хушшинче—уй-хир бригадисен бригадирĕсемпе вылăх-чĕрлĕх фермисен заведующийĕсем, колхоз правленийĕсен членĕсем пур.

Вĕренекенсем пысăк хаваслăхпа вĕренеççĕ, социализмла ялхуçалăхĕнче квалификациллĕ специалистсем пулса ĕçлеме ĕмĕтленеççĕ.

Комсомольски районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра агротехник пулса ĕçленĕ А. Зайцев юлташа хăйсен ялĕнчи «Заря» промысла артелĕнче председатель пулса ĕçлеме суйласа лартнă пулнă. Вăл унтан тухса вĕренме килнĕ.

— Совет халăхĕ ялхуçалăхне малалла аталантарассишĕн кĕрешнĕ вăхăтра эпĕ колхоз производствинчен уйрăлма пултараймарăм,—тет вăл.—Хамăн пĕлĕве ӳстерме, ялхуçалăхĕнче ăнăçлăрах ĕçлеме пултаракан специалист пулма тĕллев тытрăм.

А. Николаев виçĕ çул каялла ялхуçалăхĕн икĕ çуллăх курсĕнчен вĕренсе тухнă, юлашки вăхăтра КПСС Йĕпреç райкомĕн инструкторĕ пулса ĕçленĕ. Вăл та кăçал, партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕпе паллашнă хыççăнах, хăйне ялхуçалăх шкулĕн виççĕмĕш курсне вĕренме илме ыйтса çырнă. Ăна вĕренме илнĕ.

Вĕренекенсем валли шкулта условисем çителĕклĕ. Пысăк общежити, пуян библиотека, клуб, столовăй, вĕренӳ кабинечĕсем пур.

И. МИХАЙЛОВ.
Г. МАЛЬЦЕВ.

## Йывăçсем лартрĕç

Канашри вагонсем юсакан завод территорине кăçал тĕрлĕ йывăçсем пурĕ 7.500 тĕп лартса хăварчĕç. Йывăç лартас тĕлĕшпе ятарласа уйăрнă бригада ĕçлерĕ, ăна опытлă садовод Логунов юлташ ертсе пычĕ.

Рабочисем пурăнакан поселокра та йывăçсем нумай лартнă.

И. МАРКОВ.

## Октябрь уявĕ ячĕпе тунă çитĕнӳсем

СОФИЯ, ноябрĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарири ĕçсыннисем Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнине [illegible] çĕнĕ çитĕнӳсемпе [illegible] илеççĕ. Çак кунсенче нумай предприятисем производство планĕсене тултарни, продукци пахалăхне лайăхлатни, ĕç тухăçлăхне ӳстерни тата продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетни çинчен рапортсем параççĕ.

Сливен хулинчи электричество лампине тăвакан завод уйăхри программăна 106,6 процент тултарнă. Кăçал завод планран ирттерсе 500 пин ытла электричество лампи туса кăларнă. Октябрь уявĕ умĕнхи кунсенче Руссе хулинчи Г. Димитров ячĕпе тăракан ялхуçалăх машинисем тăвакан завод коллективĕ пысăк хастарлăхпа ĕçлет.

Государствăн «Победа» ятлă предприятийĕ, Димитр Благоев ячĕпе тăракан, «Республика» шахтăсем тата çĕршыври ытти предприятисем те хăйсен планĕсене чылай ирттерсе тултарнă.

### АВСТРИРЕ ТАВАР ХАКĔСЕМ ӲСЕÇÇĔ

ВЕНА, ноябрĕн 4-мĕшĕ. (ТАСС). «Нейес Эстеррейх» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, кăçалхи сентябрĕн 15-мĕшĕпе октябрĕн 15-мĕшĕ хушшинче Австрире аш-какай, çăмарта тата ытти апат-çимĕç продукчĕсен хакĕсем чылай ӳснĕ.

«Эстеррейхише фольксштимме» хаçат çакна кăтартса парать: юлашки çул хушшинче Австрире улма-çырласен [illegible] чылай ӳснĕ. Сăмахран, панулми хакĕ 80 процент, груша хакĕ 30 процент ӳснĕ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ—ноябрĕн 7-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Çамрăк чысĕ».

Спектакль 19 сехет те 30 минутра пуçланать.

КИНО

«УДАРНИК»—ноябрĕн 6-мĕшĕнче «Человек с ружьем» (çĕнĕ копи); ноябрĕн 7-мĕшĕпе 8-мĕшĕнче—«Песня родной стороны»; ноябрĕн 9-мĕшĕнче—«Мой маленький друг».

Сеанссем пуçланаççĕ 14 сехет те 15 минутра, 16 с. 15 м., 18 с. 15 м. тата 20 с. 15 м.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 3, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-90, обзорсем пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—6-61, совет строительстви пайĕ—3-54, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 99627 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2521. Тираж 20.000 экз.